ПӖТЕМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул
Октябрь
27
ЫТЛАРИКУН
№ 210 (9119)
Хакӗ 20 пус.
36-мӗш ҫул тухать.

**Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем! Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана пӗтӗмӗшпех тата ирттерсе тултарассишӗн пыракан социализмла ӑмӑртӑва ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑвӑр! Наука, техника тата малта тӑракан опыт ҫитӗнӗвӗсене производствӑна анлӑрах кӗртсе пырӑр! ССР Союзӗн халӑх хуҫалӑхне ҫӗнӗрен хӑватлӑн ҫӗклентерессишӗн кӗрешӗр!**

*(КПСС Центральнӑй Комитечӗ Октябрьти Социализмла Аслӑ революци 36 ҫул тултарнӑ ятпа чӗнсе каланисенчен).*

# КПСС Центральнӑй Комитечӗ Октябрьти Социализмла Аслӑ революци 36 ҫул тултарнӑ ятпа

# ЧӖНСЕ КАЛАНИСЕМ

1. Сывӑ пултӑр Октябрьти Социализмла Аслӑ революци 36 ҫул тултарни!

2. Сывӑ пултӑр мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисен пӗр кӑмӑллӑхӗ!

3. Миршӗн, демократишӗн, социализмшӑн кӗрешекен мӗнпур халӑхсене тӑванла салам!

4. Сывӑ пултӑр халӑхсем хушшинчи мир!

Интересленекен ҫӗршывсем пӗр-пӗринпе калаҫса татӑлнӑ тӑрӑх мирлӗ йӗркепе татса пама май килмен тавлашуллӑ ыйтусем ҫук!

5. Мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем! Тӗнчери лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатассишӗн, миршӗн пыракан кӗрешӳре, ҫӗнӗ тӗнче вӑрҫи хатӗрлекен агрессиллӗ вӑйсене хирӗҫ пыракан кӗрешӳре халӑхсен пӗрлӗхне ҫирӗплетӗр! Миршӗн тӑракансен речӗсене нумайлатса тата пӗтӗҫтерсе пырӑр!

6. Халӑх хуҫалӑхне малалла аталантарассишӗн, халӑх пурнӑҫӗн материальнӑй тата культурӑллӑ шайне малалла ӳстерессишӗн, социализмла общество тӑвассишӗн ӑнӑҫлӑ кӗрешекен халӑх демократи ҫӗршывӗсенчи ӗҫҫыннисене тӑванла салам!

Сывӑ пултӑр тата ҫирӗпленсе пытӑр халӑх демократи ҫӗршывӗсемпе Совет Союзӗ хушшинчи никам ҫӗмӗрейми туслӑх тата пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлесси!

7. Ҫӗршыва индустриализацилессишӗн, экономикӑпа культурӑна малалла ҫӗклессишӗн, хӑйӗн демократиллӗ халӑх государствине пур майсемпе те тӗреклетессишӗн ӑнӑҫлӑ кӗрешекен аслӑ Китай халӑхне тӑванла салам!

Пирӗн ҫӗршывсенчи халӑхсен ырлӑхӗшӗн, мирпе тӗнчери халӑхсен хӑрушсӑрлӑхне ҫирӗплетес ӗҫшӗн Совет Союзӗпе Китай Халӑх Республики хушшинчи никам ҫӗмӗрейми тӑванла туслӑх, вӗсем пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлесси сывӑ пултӑр, малалла чечекленсе пытӑр!

8. Паттӑр Корея халӑхне, хӑйӗн тӑван ҫӗршывне интервентсенчен хӳтӗлесе хӑварнӑ халӑха, халӑх хуҫалӑхне юсассишӗн, миршӗн, наци пӗрлӗхӗшӗн кӗрешекен халӑха—тӑванла салам!

9. Хӗвеланӑҫ Германие тӗнчери виҫҫӗмӗш вӑрҫӑ вучахӗ туса хумалли преступникла плансене хирӗҫ кӗрешекен Германири демократиллӗ вӑйсене салам!

Сывӑ пултӑр Демократиллӗ Германи Республики—никама пӑхӑнмасӑр пурӑнакан, мире юратакан пӗрлӗхлӗ Германишӗн пыракан кӗрешӗвӗн шанчӑклӑ тӗрекӗ!

10. Нацин никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, хӑйӗн тӑван ҫӗршывӗн мирлӗ тата демократиллӗ аталанӑвӗшӗн. Японие империалистсен вӑрҫӑ плацдармӗ туса хурассине хирӗҫ паттӑррӑн кӗрешекен Япони халӑхне салам!

11. Империализм пусмӑрне хирӗҫ, хӑйсен ирӗклӗхӗпе нацилле никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн кӗрешекен колонилле ҫӗршывсемпе пӑхӑнса тӑракан ҫӗршывсенчи халӑхсене тӑванла салам!

12. Англири, Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенчи тата Совет Союзӗнчи халӑхсен вӑрҫа сирсе ярассишӗн, пӗтӗм тӗнчере ҫирӗп мир туса хурассишӗн кӗрешес ӗҫри туслӑхӗ сывӑ пултӑр!

13. Сывӑ пултӑр Совет Союзӗнчи халӑхсемпе Франци тата Итали халӑхӗсен туслӑхӗ!

14. Сывӑ пултӑр Совет Союзӗн тулашри ҫирӗп политики — мире сыхласа хӑвармалли тата ҫирӗплетмелли, ҫӗнӗ вӑрҫа хатӗрленине хирӗҫ кӗрешмелли политика, тӗнчери халӑхсемпе килӗштерсе ӗҫлемелли тата мӗнпур ҫӗршывсемпе ӗҫлӗ ҫыхӑнусем тытмалли политика!

15. Совет воинӗсем! Хӑвӑрӑн ҫар тата политика тӗлӗшӗнчи пӗлӳсене тӑрӑшса ӳстерсе пырӑр, хӑвӑрӑн ҫапӑҫури ӑсталӑха ӳстерӗр! Социализмла государствӑн оборона хӑватне ывӑнма пӗлмесӗр тӗреклетӗр!

Мире тата пирӗн Тӑван ҫӗршывӑн хӑрушсӑрлӑхне сыхласа тӑракан Совет Союзӗн Хӗҫпӑшаллӑ Вӑйӗсене мухтав!

16. Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем! Коммунистсен партийӗпе Совет Правительстви тавра татах та тачӑрах пӗтӗҫӗр, хамӑрӑн вӑйсемпе творчествӑлла хастарлӑха хамӑр ҫӗршывра коммунизм тӑвас аслӑ ӗҫе парар!

Сывӑ пулӑр Коммунистсен партийӗн, Совет Правительствин тата халӑхӑн никам ҫӗмӗрейми пӗрлӗхӗ!

17 Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем! Рабочи класпа колхоз хресченӗсен никам ҫӗмӗрейми ҫирӗп союзне, пирӗн ҫӗршыври халӑхсен тӑванла туслӑхне ҫирӗплетсе пырӑр! Нумай нациллӗ аслӑ Совет государствин пӗрлӗхне ывӑнма пӗлмесӗр ҫирӗплетсе пырӑр, пирӗн социализмла Тӑван ҫӗршывӑн хӑватне ӳстерсе пырӑр!

18. Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем! Партипе Правительствӑн политикине, рабочи класӑн, колхоз хресченӗсен, пирӗн пӗтӗм халӑхӑн пурнӑҫне татӑклӑнах лайӑхлатма пулӑшакан политикӑна пурнӑҫа кӗртсе пырар! Халӑха кирлӗ таварсем туса кӑларассине хӑвӑрт ӳстерер!

19. Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем! Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана пӗтӗмӗшпех тата ирттерсе тултарассишӗн пыракан социализмла ӑмӑртура ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑвӑр! Наука, техника тата малта тӑракан опыт ҫитӗнӗвӗсене производствӑна анлӑрах кӗртсе пырӑр! ССР Союзӗн халӑх хуҫалӑхне ҫӗнӗрен хӑватлӑн ҫӗклентерессишӗн кӗрешӗр!

20. Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем! Ӗҫ тухӑҫлӑхне ывӑнма пӗлмесӗр ӳстерсе пырӑр! Социализмла хуҫалӑхӑн мӗнпур майӗсемпе тата резервӗсемпе туллин усӑ курӑр! Продукци пахалӑхне лайӑхлатӑр, унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетӗр!

21. Ҫӗр кӑмрӑк промышленноҫӗнчи рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Ҫӗр кӑмрӑк кӑларассине ӳстерӗр, ҫӗнӗ шахтӑсем хӑвӑртрах туса ӗҫе кӗртӗр! Ӗҫ тухӑҫлӑхне пӗрмаях ӳстерсе пырассишӗн кӗрешӗр, техникӑпа усӑ курассине лайӑхлатӑр, ҫӗр кӑмрӑкӗн хӑйне ларакан хакне йӳнетсе пырӑр! Халӑх хуҫалӑхне ҫӗр кӑмрӑкӗ нумайрах парар!

22. Нефть промышленноҫӗнчи рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Нефть кӑлармалли ҫӗнӗ вырӑнсемпе усӑ курма хӑвӑртрах тытӑнӑр, нефтьрен тӗрлӗ продуктсем туса хатӗрлекен заводсем хӑвӑртрах тӑвӑр, нефть кӑлармалли шӑтӑксем пӑралас ӗҫӗн хӑвӑртлӑхне ӳстерӗр! Нефть тата нефтьрен паха продуктсем нумайрах туса кӑларар!

23. Электростанцисемпе электропромышленноҫри рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Энергетикӑн ҫӗнӗ хӑвачӗсене хӑвӑртрах ӗҫе кӗртӗр! Электроэнерги, электротехникӑпа радиотехника оборудованийӗ, ҫавӑн пекех халӑх валли культурӑпа йӑлара кирлӗ таварсем туса кӑларассине ӳстерсе пырӑр!

24. Совет металлургӗсем! Металлургин тата сӑрт-ту предприятийӗсен хӑвачӗсемпе усӑ курассине лайӑхлатӑр, производство процесӗсене механизацилессине тата автоматизацилессине вӑйлатса пырӑр! Ҫӗршыва чугун, хурҫӑ, прокат, тӗслӗ металсем нумайрах парар!

25. Машинӑсем тӑвакан предприятисенчи рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсем валли ҫӗнӗ машинӑсем, приборсем тата оборудовани туса кӑларассине ӳстерӗр! Ялхуҫалӑхне пысӑк тухӑҫлӑхпа ӗҫлекен машинӑсемпе тата ӗҫ хатӗрӗсемпе пуянлатассишӗн кӗрешӗр! Ялхуҫалӑхӗ валли тракторсем, машинӑсем тата запаслӑ пайсем нумайрах туса кӑларӑр!

26. Хими промышленноҫӗн работникӗсем! Предприятисен хӑватне хӑвӑртрах ӳстерсе пырӑр! Хамӑр ҫӗршывӑн ӳссе пыракан ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме минераллӑ удобренисем, паха сӑрӑсем тата химилле ытти продуктсем туса кӑларассине пӗрмаях ӳстерсе пырар!

27. Строительствӑра ӗҫлекен рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Ҫӗнӗ предприятисем, пурӑнмалли ҫуртсем, шкулсем тата больницӑсем хӑвӑртрах туса лартӑр! Строительствӑн индустрилле меслечӗсене ӗҫе анлӑрах кӗртсе пырӑр, механизмсемпе лайӑхрах усӑ курӑр! Строительство хакне йӳнетӗр, строительство пахалӑхне лайӑхлатӑр!

28. Строительство материалӗсем тӑвакан промышленноҫри рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Строительство материалӗсем туса кӑларассине пур майсемпе те аталантарса, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатса пырӑр!

29. Вӑрманпа хут промышленноҫӗнчи рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем! Ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерӗр, механизмсемпе туллин усӑ курӑр! Продукци пахалӑхне пур майсемпе те лайӑхлатса, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетсе пырӑр! Йывӑҫ материалсем, хут тата сӗтел-пукан нумайрах туса кӑларӑр!

30. Куллен кирлӗ таварсем туса кӑларакан промышленность работникӗсем! Паха та илемлӗ пир-авӑр, паха та капӑр тумтир, ҫирӗп те илемлӗ атӑ-пушмак тата ытти паха таварсем нумайрах туса кӑларӑр! Пурне те кирлӗ таварсем туса кӑларассине хӑвӑрт ӳстерер!

31. Апат-ҫимӗҫ туса кӑларакан промышленность работникӗсем! Апат-ҫимӗҫсем туса кӑларассине пур майсемпе те сарса пырӑр, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатӑр! Хамӑр ҫӗршыври халӑх валли аш-какайпа пулӑ продукчӗсем, ҫу, сахӑр тата ытти апат-ҫимӗҫ таварӗсем нумайрах туса кӑларар!

32. Ялхуҫалӑх работникӗсем! Социализмла ялхуҫалӑхӗн пур отраслӗсене те ҫӗнӗрен хӑватлӑн ҫӗклентерессишӗн кӗрешӗр: ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче пирӗн ҫӗршыври халӑхӑн ӳссе пыракан ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме кирлӗ чухлӗ апат-ҫимӗҫ продукчӗсем, ҫӑмӑл промышленноҫпа апат-ҫимӗҫ промышленноҫне кирлӗ чухлӗ чӗрт-авар парса тӑмалла пултӑр!

33. Колхозниксемпе колхозницӑсем! Ҫӗршыври пур колхозсене те малалла вӑйлатса тата чечеклентерсе пырӑр! Обществӑлла хуҫалӑха тӗреклетессишӗн, пур енӗпе те аталантарса вӑйлатассишӗн, ҫӗрӗҫпе выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫӗн пӗтӗм продукцийӗпе таварлӑ продукцине ӳстерессишӗн кӗрешӗр! Наукӑпа малта тӑракан опыт ҫитӗнӗвӗсене колхоз производствине активлӑнрах кӗртсе пырӑр! Колхозсен тупӑшӗсене ӳстерер, колхоз хресченӗсен пурнӑҫне малалла лайӑхлатар!

34. Ялхуҫалӑх работникӗсем! Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе пур майсемпе те аталантарса пырӑр, выльӑх-чӗрлӗх йышне хӑвӑрт ӳстерӗр, выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне татӑклӑнах хӑпартӑр! Выльӑх-чӗрлӗх апачӗ ҫителӗклӗ хатӗрлессишӗн кӗрешӗр, выльӑх-чӗрлӗх ҫурчӗсем тӑвассине хӑвӑртрах вӑйлатса пырӑр!

35. Машина-трактор станцийӗсемпе совхозсен работникӗсем! Тракторсемпе, комбайнсемпе тата ытти ялхуҫалӑх машинисемпе лайӑхрах та туллинрех усӑ курӑр! Мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне пур майсемпе те ӳстерессишӗн, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышне нумайлатассишӗн, колхозсемпе совхозсенче ҫӗрӗҫ тата выльӑх-чӗрлӗх продукцине ӳстерессишӗн кӗрешӗр!

36. Колхозниксемпе колхозницӑсем, машина-трактор станцийӗсемпе совхозсен работникӗсем! Ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем туса илессине хӑвӑрт ӳстерӗр! Ҫак культурӑсен тухӑҫлӑхне чылай ӳстерӗр, пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми лартса ӳстерес ӗҫе анлӑн механизацилӗр, ҫак ӗҫре малта тӑракан агрономи меслечӗсемпе ытларах усӑ курӑр!

37. Вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперацийӗн работникӗсем! Пурне те кирлӗ таварсем туса кӑларассине ӳстерӗр, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатӑр! Халӑха пурнӑҫпа йӑлара пулӑшса тӑракан предприятисен хисепне пур майсемпе те ӳстерсе пырӑр!

38. Государствӑпа кооперации суту-илӗвӗн работникӗсем! Советла суту-илӗве пур майсемпе те сарса пырӑр, хулапа ялта апат-ҫимӗҫпе тата промышленность таварӗсемпе суту-илӳ тӑвассине лайӑхлатӑр, магазинсемпе обществӑлла апатлану предприятийӗсене ӳстерсе пырӑр! Тавар ҫаврӑнӑш планне пӗтӗмӗшпех тата ирттерсе тултарса пырӑр! Совет потребителӗшӗн культурӑллӑ ӗҫлӗр!

39. Чугун ҫул транспорчӗн работникӗсем! Чугун ҫулсем тӑрӑх поездсем ытларах ҫӳретмелле тӑвассишӗн кӗрешӗр! Пӑравуссемпе тата вагонсемпе усӑ курассине лайӑхлатӑр, грузсем турттарма ларакан хака йӳнетсе пырӑр! Пассажирсемшӗн лайӑхрах тӑрӑшӑр! Хӗллехи условисенче транспорта лайӑх ӗҫлеттерӗр!

40. Тинӗспе юханшыв флочӗн работникӗсем! Халӑх хуҫалӑхӗ валли грузсем хӑвӑртрах ҫитерсе парӑр! Грузсем турттарассине ӳстерӗр, суднӑсен ҫаврӑнӑшне хӑвӑртлатӑр, портсен, пристаньсен тата суднӑсем юсакан заводсен ӗҫне лайӑхлатӑр! Грузсем турттарма ларакан хака пӗрмаях йӳнетсе пырӑр! 1954 ҫулхи навигацие кӑтартуллӑн хатӗрленӗр!

41. Автомобиль транспорчӗпе шоссе ҫулӗсен работникӗсем! Халӑх хуҫалӑхӗ валли грузсем тата халӑх валли таварсем таттисыпписӗр турттарӑр, пассажирсем лартса ҫӳрес ӗҫе лайӑхлатӑр! Автомобиль транспорчӗпе лайӑхрах усӑ курӑр, шоссе ҫулӗсене кӑтартуллӑ тытса тӑрӑр!

42. Ҫыхӑну работникӗсем! Ҫыхӑну хатӗрӗсене нумайлатса тата лайӑхлатса пырӑр! Почта, телеграф, телефон, радио ӗҫӗн пахалӑхне лайӑхлатӑр! Халӑх ыйтӑвне лайӑхрах тивӗҫтерӗр!

43. Совет учрежденийӗсен работникӗсем! Государство аппарачӗн ӗҫӗнчи ответлӑхпа культурӑна ывӑнма пӗлмесӗр ӳстерсе пырӑр! Государство дисциплинине ҫирӗплетӗр, социализмла законлӑха ҫирӗп пурнӑҫласа пырӑр, ӗҫҫыннисен ыйтӑвӗсем ҫине тимлӗн пӑхӑр!

44. Наука учрежденийӗсемпе аслӑ шкулсен работникӗсем! Совет наукине малалла аталантарса пырӑр! Наука ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене критиклессине хӑюллӑнрах сарса пырӑр! Промышленноҫпа ялхуҫалӑхне малалла аталантарас ӗҫре наука рольне ӳстерӗр, специалистсем вӗрентсе хатӗрлес ӗҫе сарса тата лайӑхлатса пырӑр!

45. Литературӑпа искусство работникӗсем! Хӑвӑр творчествӑн идейӑпа художествӑлла шайне ӳстерсе пырӑр! Пирӗн аслӑ халӑха тивӗҫлӗ произведенисем туса парӑр!

46. Халӑха вӗрентес ӗҫ работникӗсем! Шкулти вӗрентӳпе воспитани ӗҫӗн пахалӑхне лайӑхлатӑр! Социализмла обществӑн культурӑллӑ тата нумай вӗреннӗ гражданӗсене, коммунизмӑн активлӑ строителӗсене вӗрентсе хатӗрлӗр!

47. Медицина работникӗсем! Сывлӑха сыхлас ӗҫе лайӑхлатса, вӑйлатса пырӑр, сыватакан учрежденисемпе санитари учрежденийӗсен ӗҫӗнчи культурӑна хӑпартӑр! Медицина наукин ҫитӗнӗвӗсене пурнӑҫа кӗртсе пырӑр!

48. Совет профсоюзӗсем! Халӑх хуҫалӑх планӗсене пӗтӗмӗшпех тата ирттерсе тултарассишӗн социализмла ӑмӑртӑва анлӑрах сарса пырӑр! Производство новаторӗсен опытне сарса пырӑр! Рабочисемпе служащисен пурнӑҫне малалла лайӑхлатассишӗн, вӗсен культурине ӳстерессишӗн ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑшӑр!

Сывӑ пулччӑр коммунизм шкулӗ пулса тӑракан совет профсоюзӗсем!

49. Совет хӗрарӑмӗсем! Пирӗн социализмла аслӑ Тӑван ҫӗршывӑн экономикипе культурине малалла чечеклентерессишӗн кӗрешӗр!

Сывӑ пулччӑр совет хӗрарӑмӗсем — коммунизмӑн активлӑ строителӗсем!

50. Сывӑ пултӑр Пӗтӗм Союзри Ҫамрӑксен Ленинла Коммунистла Союзӗ—коммунизм тӑвакан ҫамрӑксен малта пыракан отрячӗ, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн активлӑ помощникӗпе резервӗ!

51. Совет ҫамрӑкӗсем! Наукӑна, техникӑна, культурӑна вӗренсе пырӑр! Хӑвӑрӑн хастарлӑ ӗҫӳсемпе хамӑрӑн Тӑван ҫӗршывӑн хӑватне ӳстерсе пырӑр! Хамӑрӑн ҫӗршывра коммунизм туса ҫитерес аслӑ ӗҫ ҫӗнтерӗвӗшӗн пыракан кӗрешӳре чӑтӑмлӑ та хӑюллӑ пулӑр!

52. Пионерсемпе шкул ачисем! Ҫине тӑрса тата тӑрӑшса вӗренӗр! Вӗренӳре, ӗҫре тата обществӑлла ӗҫре ҫитӗнӳсем туса пырӑр!

53. Коммунистсемпе комсомолецсем! Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана пӗтӗмӗшпех тата ирттерсе тултарассишӗн, совет халӑхӗн пурнӑҫне малалла лайӑхлатассишӗн, ССР Союзӗнче коммунизм тӑвассишӗн кӗрешекенсен малти речӗсенче пулӑр!

54. Сывӑ пултӑр Аслӑ Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗ—пирӗн ҫӗршыври халӑхсен туслӑхӗпе мухтавӗн никӗсӗ, пӗтӗм тӗнчери мирӗн никам аркатайми ҫирӗп тӗрекӗ!

55. Сывӑ пултӑр аслӑ совет халӑхӗ—коммунизм тӑвакан халӑх!

56. Сывӑ пултӑр Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ—коммунизм тӑвассишӗн кӗрешес ӗҫре совет халӑхне ҫул кӑтартса, ертсе пыракан [illegible] вӑй!

57. Ленин—Сталин ялавӗ айӗнче, Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, малалла—коммунизм ҫӗнтерӗвӗ патне!

***Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ.***

# Агитколлектив КПСС Центральнăй Комитечĕн решенийĕсем çинчен ăнлантарать

## *Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра*

* * *

## Пленум решенисене анлăн ăнлантаратпăр

**А. АНДРЕЕВ,**
колхозри парторганизаци секретарĕн заместителĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене эпир çийĕнчех парти организацин хупă пухăвĕнче сӳтсе явса, ăна пурнăçласа тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсене палăртрăмăр. Ун хыççăн пĕр хут уçă пуху туса колхозри активпа пĕрле хамăр палăртнă ĕçсене сӳтсе яврăмăр. Уçă пухурах агитколлективăн Пленум решенине ăнлантарас тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕç планне çирĕплетрĕмĕр.

Пирĕн парти организацийĕ çумĕнчи агитколлективра 31 çын тăрать. Вĕсенчен 11-шĕ коммунист, 4-шĕ комсомолецсем. Ыттисем—колхозри интеллигентсемпе парти ретĕнче тăман активистсем. Парти организацийĕ çийĕнчех агитаторсене пухса вĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен ăнлантарса пачĕ тата кам хăш бригадăра ĕçлемеллине палăртрĕ. Халĕ пирĕн кашни бригадăра тата фермăсенче агитаторсем ĕçлеççĕ. Колхозниксем ялданах колхоз производствинчи тĕрлĕ участоксенче ĕçленĕ пирки, агитаторсене вунă килсем уйăрса паман. Ун вырăнне вĕсене колхозниксен хăш ушкăнне кайса каласу ирттермеллине кăтартса паратпăр.

Малтан агитаторсем Пленум постановленийĕпе Хрущев юлташ доклачĕ çинчен пĕтĕмĕшпе каласа ăнлантарчĕç. Ун хыççăн вăл документсене уйрăм сыпăксем тăрăх сӳтсе яврăмăр. Халĕ вĕсенех тепĕр хут СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ Пленум хыççăн йышăннă постановленисемпе çыхăнтарса тата тарăнрах ăнлантарса параççĕ.

Кашни темăпа каласу пулас умĕн агитаторсене пухса семинар ирттеретпĕр. Семинарта çитес вăхăтра каласу ирттермелли темăна ăнлантаратпăр. Кашни тема тăрăх каласăва хăйне майлăрах ирттерме тивет. Çавăнпа та агитаторсене каласăва мĕнле организацилесен, мĕнле ыйтусем çинчен ытларах чарăнса тăрсан аванрах пуласси çинчен методикăлла канашсем те паратпăр.

Каласăва вырăнти фактсемпе усă курса ирттерни темăна лайăх ăнланма пулăшать тата колхозниксене хамăрăн умра тăракан задачăсене пурнăçлама мобилизацилеме, çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме май парать. Çакна шута илсе, агитколлектив агитаторсене хамăрăн колхоз пурнăçне уççăн кăтартса паракан материалсем туиса пама тăрăшать.

Кунсăр пуçне пирĕн колхозра лекторсен ушкăнĕ иккĕ пур. Пĕр ушкăнĕнче Йĕпреçри вăтам шкулти, тепĕр ушкăнĕнче Огоньеври çичĕ çул вĕренмелли шкулти учительсем тăраççĕ. Лекторсем кашни тунтикун колхозниксене Пленум решенийĕ тата ăна пурнăçламалли майсем çинчен докладсемпе лекцисем туса параççĕ. Çак кунсенче 8 лекци вуласа пачĕç.

Агитколлектив массăлла-ăнлантарулла ĕçĕн пур формисемпе те анлăн усă курма тăрăшать. Пирĕн колхоз тăватă артельпе пĕрлешсе пысăкланнă. Тăватă ялĕнче те хĕрлĕ кĕтессем пур. Унта Пленум постановленине ăнлантарас тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕç планĕ тунă. Вăл план тăрăх тăтăшах каласусем пулса иртеççĕ. Хĕрлĕ кĕтессенчех комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем парти лартнă задачăна пурнăçлама чĕнекен плакатсемпе лозунгсем çырса çапнă. Унтах пирĕн çĕршывра тата хамăрăн колхозра тырпул туса илессипе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси мĕнле аталанса пынине тата вĕсем пленум йышăннă тăрăх малашне мĕнле ӳсмеллине кăтартакан диаграммăсем пур.

Колхозра, бригадăсенче кăларакан стена хаçачĕпе боевой листоксем парти организацине Пленум решенине халăха ăнлантарас тата ăна пурнăçлама мобилизацилес ĕçре пысăк пулăшу параççĕ. Колхозри стена хаçатне эпир машинкăпа тăватă экземпляр пичетлесе кăларатпăр. Хаçатра умра тăракан аслă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе хастарлă ĕçлекенсен опытне тĕплĕн сутататпăр. Çавăн пекех, кая юлса чăрмантаракансене те пĕр хĕрхенмесĕр критиклесе, хăйсен йăнăшĕсене ăнланса илсе тӳрленме пулăшатпăр.

Пирĕн колхозра пĕрлешсе тăракан ялсенче пилĕк кунта пĕрре кино кăтартаççĕ. Кино пуçланас умĕн агитаторсем хуть хăçан та халăха доклад е лекци туса параççĕ.

Агитаторсемех каçхине радиопа ялхуçалăх работникĕсем валли паракан передачăсене пĕрле итлессине организацилеççĕ. Колхоз производствинче малта пыракансен ӳсĕмĕсем çинчен пĕлтерсе тăраççĕ.

Пленум решенине сӳтсе явнă май бригадăсенче политикăлла-массăлла ĕç палăрмаллах вăйланчĕ. Е. Семенов—5 мĕш бригадăн бригадирĕ. Вăлах хăйĕн бригадинче агитатор пулса ĕçлет. Юлашки вăхăтра вăл кашни эрнерех бригада кунĕ туса ирттерме пуçларĕ. Бригада кунĕ ирттернĕ чухне партипе правительство ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе йышăннă постановленисем çинчен ăнлантарса параççĕ тата вĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе бригада умĕнче паянхи кун тăракан задачăсене сӳтсе яваççĕ. Асăннă бригада ялхуçалăх ĕçне пуринчен малтан вĕçлерĕ.

Агитколлектив пурĕ 156 каласу ирттернĕ, унта 1.872 çын пулнă.

Каласу ирттернĕ чухне колхозниксем агитаторсене хăйсен шухăш-кăмăлĕсене каласа кăтартаççĕ. Час-часах вĕсем колхозри çитменлĕхсене палăртса вĕсене хăвăртрах пĕтерме пулăшма ыйтаççĕ. Конюхсем валли пӳрт тăвакан платниксем патĕнче каласу ирттернĕ чухне строительсем М. Доброва ĕçлес вырăнне халап çапса ларнăшăн хытă питленĕ. «Вăл халап çапни ыттисене ĕçлеме чăрмантарать»,—тенĕ вĕсем. Агитатора хăйсем Доброва строительсен бригадинчен кăларма шутлани çинчен колхоз правленине пĕлтерме хушнă. Колхоз правленийĕ, строительсем сĕннипе, Доброва урăх ĕçе куçарчĕ. Çакăн хыççăн конюхсен пӳртне тăвасси чылай хăвăртланчĕ.

Пленум постановленине анлăн ăнлантарса пани парти организацине колхозниксен политикăлла активлăхне ӳстерме, колхоз производствинчи ĕçсене пысăк пахалăхпа вĕçлеме пулăшрĕ. Халь агитколлектив, партипе правительство решенийĕсене ăнлантарса панă май, колхозниксене çитес çулхи вăйлă тырпулшăн тата йышлă та пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн кĕрешме мобилизацилет.



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ ферма заведующийĕ Я. С. Мамонтов юлташ выльăх-чĕрлĕх пăхакансене КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление ăнлантарса парать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Лайăх йĕркеленĕ агитаци ĕçри хастарлăха ӳстерет

**М. ЯКОВЛЕВ,**
колхоз председателĕ

Пирĕн колхоз членĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановление питĕ пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Колхозсенчи çитменлĕхсемпе малашнехи ӳсĕмĕн çулйĕрне çакăн пек уçăмлă кăтартса паракан постановлени нихçан та пулман, тесе хаклаççĕ вĕсем ăна.

Агитаторсем Пленум решенине çийĕнчех колхозниксене анлăн ăнлантарса пама пуçларĕç. Умра тăракан тĕллеве пĕлсе тăракан çын хăйне хушнă ĕçе лайăх, ăнланса тума тăрăшать. Пленум постановленине сӳтсе явнă хыççăн колхозниксен хастарлăхĕ ӳсрĕ. Колхозри ĕç дисциплини те нихçанхинчен ытларах аванланчĕ. Халь колхоз ĕçне хутшăнманни пĕр çын та çук.

Сынсем артель производствине хутшăнни тата вĕсен хастарлăхĕ ӳсни ялхуçалăх ĕçĕсем мĕнле вĕçленсе пынинчен те лайăх курăнать. Иртнĕ çулсенче пирĕн колхозра çĕрулмипе тымарçимĕçсем кăларасси питĕ вăраха тăсăлнă. Кăçал çанталăк çумăрлă тăчĕ. Çавна май вĕсене пуçтарса кĕртесси вăрăма тăсăлас хăрушлăх тухса тăчĕ. Агитаторсем колхозниксене çĕрулмипе тымарçимĕçсене вăхăтра, тирпейлĕ пуçтарса кĕртеймесен общестăлла выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш чакма пултарни çинчен ăнлантарса пачĕç. Çав вăхăтрах ĕçе мĕнле организацилесен лайăхрах пуласси çинчен те каласа кăтартрĕç. Колхозниксем тымарçимĕçсем кăларнă çĕрте звеносем туса пĕрпĕринпе ăмăртса ĕçлеме килĕшрĕç. Агитацие лайăх йĕркеленĕ, ĕçре тĕрĕс организациленĕ хыççăн колхоз тымарçимĕçсене пĕр эрне хушшинче пуçтарса кĕртсе государствăна парса татрĕ тата вăрлăхпа фураж фончĕ хыврĕ. Кунпа пĕрлех ĕç пахалăхĕ те лайăхланчĕ. 5-мĕш бригада гектартан 233 центнер çĕрулми, пахча çимĕç бригади кашни гектартан 450-шар центнер кишĕр, 120 центнер сухан пуçтарса кĕртрĕ.

Пленум постановленине сӳтсе явнă хыççăн колхоз хуçалăхĕнчи ытти ĕçсем те чылай хăвăртланчĕç. Строительство бригадисенчен пĕрне колхозри комсомол организацин секретарĕ В. Крылов юлташ ертсе пырать. Вăлах бригадăри агитатор. Бригадăри строительсем пурте комсомолецсем. Крылов юлташ вĕсене сентябрьти Пленумăн решенине тĕплĕн ăнлантарса парать. Хăйсен умĕнчи задачăна ăнланнă çамрăксем строительство ĕçне сиссенмеллех хăвăртлатрĕç. Выльăх апачĕ хурса тăмалли склад, машинăсем лартмалли сарай, фермăра ĕçлекенсем валли общежити туса пĕтерлĕ хыççăн, сысна витипе питĕ пысăк кормокухньăна хăвăртрах ĕçе кĕртессишĕн тимлĕн кĕрешме пуçларĕç.

Акă тата Г. Яковлев коммуниста илер. Вăл пирĕн колхозăн механикĕ. Пленум решенийĕпе хавхаланса, Яковлев юлташ шыв арманне турбинăпа ĕçлемелле турĕ. Калас пулать, вăл турбинăна Яковлев юлташ хăй ăсласа, хăйĕн аллипе тытса турĕ. Турбина лартнă хыççăн шыв арманĕ, çăнăх авăртнисĕр пуçне, 15 киловатлă генератора ĕçлеттерсе электроэнерги пама пултарать. Халĕ Яковлев электричество вăйĕпе ĕçлекен çаврака пăчкă лартас тĕлĕшпе ĕçлет. Çав вăхăтрах фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилессине те ертсе пырать. Тӳрех калас пулать, Яковлев юлташ тăрăшса, хавхаланса ĕçлени колхоз хуçалăхне техникăпа чылай пуянлатма тата вăйлатма пулăшать.

Колхозра Яковлев юлташ пек ĕçлекенсем пĕрре кăна мар, вĕсен йышĕ кулленкун нумайланса пырать. Сысна фермин заведующийĕ Мамонтов юлташ та выльăх апачĕ хатĕрлессине механизацилес тĕлĕшпе пирĕн колхоз условийĕнче питех те хаклă тăракан рационализациллĕ сĕнӳсем пачĕ. Хăй паракан сĕнӳсене вăл хăех пурнăçлама тăрăшать.

Ĕлĕк пирĕн колхозниксем фермăра ĕçлеме питех каясшăн марччĕ. Кайсан та нумай ĕçлеместчĕç. Агитаторсем парти выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе лартнă задачăсене тĕплĕн ăнлантарса панă хыççăн ку енĕпе те пысăк улшăну пулчĕ. Халĕ уй-хир бригадисенче чи хастарлă ĕçлекен çынсем хăйсен ирĕкĕпе фермăна кайма кăмăл тăваççĕ. Çак кунсенче кăна М. Немов, Н. Александров, Е Утькин, Н. Алексеева, А Шишкина, О. Саввинова юлташсем фермăсенче ĕçлеме пуçларĕç.

Пленум постановленине сӳтсе явнă вăхăтра колхозниксем артель хуçалăхĕнчи çитменлĕхсене пĕр хĕрхенмесĕр критиклеççĕ, ырă сĕнӳсем параççĕ. Пирĕн колхоза малалла аталанма чаракан чăрмавсенчен пĕри вăл—выльăх апачĕ туса илес ĕçри йывăрлăх. Çакна шута илсе, колхозниксем ку таранччен ферма кĕтĕвĕсем сӳренĕ вырăнта симĕс конвейер тума, вĕтлĕхсене касласа нумай çул ӳсекен курăк акма сĕнчĕç. Малашне çĕрулмине тăваткал тĕмĕн кăна акма тытăнасшăн. Силослăх культурăсене викăпа хушса акмалла тăвасшăн. Сăмах та çук, колхозниксен сĕнĕвне пурнăçлани пире выльăх апачĕ туса илессине нумай аванлатма пулăшĕ.

Артельти ĕçе механизацилес тата строительство ĕçне аванлатас тĕлĕшпе те колхозниксем тĕплĕн шухăшланă сĕнӳсем параççĕ. Икĕ çул каярах колхоз Хĕр шывĕ çине 28 киловатт энерги пама пултаракан гидроэлектростанци лартнăччĕ. Артель хуçалăхĕ вăйланса пынă май вăл энерги халь пире тивĕçтерме пултараймасть ĕнтĕ. Çавна май колхозниксем Хĕр шывĕ çинех тепĕр электростанци лартма сĕнеççĕ. Çапла вара пирĕн, шыв арманĕнче генератор ĕçленине те шутласан, тепрер çултан виçĕ гидроэлектростанци пулмалла.

Çаксем вĕсем пурте колхозниксен анлă масси Пленум решенине чун-чĕререн ырланине тата ăна пурнăçлассишĕн вăя хĕрхенмесĕр кĕрешме хатĕррине кăтартса параççĕ.

*

## Кашни çынна ăнлантарма тăрăшатăп

2-мĕш бригадăри агитатор **М. ШАШКИН**
каласа пани

Парти организацийĕ мана 2-мĕш бригадăра агитатор пулса ĕçлеме çирĕплетрĕ. Хама çирĕплетнĕ хыççăнах эпĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕпе Хрущев юлташ докладне тепĕр хут тĕплĕн вуласа тухрăм. Кайран агитаторсен семинарĕнче пулса ăна тата тарăнрах ăнлантăм, каласу ирттермелли меслетсемпе паллашрăм. Вара конспект çырса каласу ирттерме хатĕрленме пуçларăм. Конспектра Пленум материалĕсен тĕп шухăшне çырнипе пĕрлех, хамăрăн колхоз пурнăçĕнчен илнĕ фактсемпе усă курассине те палăртатăп.

План тăрăх пирĕн эрнере пĕрре каласу туса ирттермелле. Анчах та, пур колхозниксене те пĕр харăс пуçтарма май килмен пирки, кашни кун тенĕ пекех пĕчĕк ушкăнсенче каласу ирттерме тивет. Эпĕ пĕр колхозника та Пленум решенине ăнлантармасăр хăварасшăн мар. Тепĕр чухне, ĕçе тухман пирки, хăшпĕр колхозниксем каласу ирттернĕ çĕрте пулаймаççĕ. Кун пек колхозниксене киле кайса ăнлантарса паратăп. М. Яковлева колхозница час-часах ĕçе тухмасăр юлатчĕ. Эпĕ ун патне кайса Пленум постановленийĕ çинчен каласа патăм. Государство колхозниксене пысăк çăмăллăхсем пани тата колхоз тĕреклĕнсе пырсан кăна артель членĕсен пурнăçĕ аванланма пултарни çинчен ăнланнă хыççăн вăл ĕçе тухма пуçларĕ.

Пирĕн колхозра вăрçă инвалидĕсем пур. Вĕсем ыттисемпе пĕрле колхоз ĕçне тухайман пирки каласусенче пулаймаççĕ. Кун пек юлташсене те эпир Пленум решенийĕ çинчен вĕсем патне киле кайса ăнлантарса паратпăр. Çавăн пекех ватă çынсене ăнлантарассине те манса хăвармастпăр.

Каласу ирттернĕ вăхăтра эпĕ хамăрăн бригадăна ытти бригадăсенчи ĕçе танлаштарса кăтартатăп. Уйрăм колхозниксем мĕнле ĕçленине итог туса паратăп.

Пленум постановленийĕнче колхозниксене хушса тӳлемелли йĕркене пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыма хушнă. Хушса тӳлени тăрăшса ĕçлекен колхозниксен тупăшне ӳстерме пулăшнине ăнлантарса панă чухне эпĕ хамăр бригадăри примерсемпе усă курма тăрăшрăм. Пирĕн бригада виçĕ гектар çинчен гектартан 30-шар центнер вир туса илчĕ. Бригадăри П. Ларионов çемьи ĕçкунĕшĕн аванс шучĕпе 168 килограмм вир илчĕ. Кунсăр пуçне ăна тата 75 килограмм вир хушса тӳлерĕç. Çав пример мана çĕрулми кăларакансене хушса тӳлени вĕсен тупăшне мĕн чухлĕ ӳстерме пултарнине ăнлантарса пама пулăшрĕ. Кунпа пĕрлех кăçал колхоз ĕçкунĕ пуçне аванс шучĕпе 2,9 килограмм тырă панине те астутартăм. Çĕрулмине лайăх пуçтарса кĕни колхозниксен тупăшне мĕн чухлĕ ӳстерме пултарнине шутласа кăтартрăм.

Пленум постановленине ăнлантарнă хыççăн колхозниксем лайăхрах ĕçлекен пулчĕç. Бригада ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă вĕçлерĕ.

Бригадăри колхозниксем хăйсен государство умĕнчи парăмĕсене те пĕтĕмпех парса татрĕç.

## Выльăхсен йышĕпе тухăçлăхне ӳстерессишĕн

Иртнĕ каласусенче эпир КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленипе КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ пленумра тунă доклада сӳтсе явнăччĕ. Унтанпа КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ ялхуçалăхне аталантарас тата суту-илĕве вăйлатас тĕлĕшпе татах та постановленисем йышăнчĕç. Вăл постановленисем пурте парти Центральнăй Комитечĕ йышăннине пурнăçлас тĕлĕшпе тăракан задачăсене анлăн кăтартса параççĕ. Çавăнпа эпир паянтан пуçласа, КПСС Центральнăй Комитечĕн постановленин кашни пайне уйрăммăн сӳтсе явнă май, пленум хыççăн йышăннă постановленисемпе те паллашатпăр.

Колхозсем туни пирĕн çĕршыври ялхуçалăхне тĕпренех урăхлатса малалла аталантарма пулăшрĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе колхозсем халама çук пысăк ситĕнӳ турĕç. Мирлĕ строительство çулĕсенче те, вăрçă чухнехи йывăр вăхăтра та социализмла ялхуçалăхĕ хăйĕн пурнăçри хăватлă вăйне, халăха апат-çимĕç, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне—чĕртавар нумайрах та нумайрах парса тăма пултарнине питĕ лайăх кăтартса пачĕ.

Пурнăç питĕ хăвăрттăн малалла кайса пырать. Çавна май хальхи вăхăтра ялхуçалăхĕ халăха апат-çимĕç продукчĕсем, промышленноçа чĕртавар парса тăрассине пурнăç ыйтнă пек тивĕçтерме пултараймасть.

Мĕншĕн-ха ялхуçалăхĕн чи паха отраслĕсем кая юлса пыма пуçланă?

Коммунистсен партийĕ малтанхи вăхăтра йывăр индустрине хăвăртрах аталантарма тăрăшнă. Мĕншĕн тесен йывăр промышленность пулмасан халăх хуçалăхне нихăш енĕпе те малалла аталантарма çук.

Колхозри агитатор **Я. МАМОНТОВ**
фермăра ĕçлекенсем хушшинче
ирттернĕ каласу

**А. Крылов:** Вăрçă вăхăтĕнче те пире çапса салататчĕç.

Тĕрĕс, вăрçăра та Тăван çĕршыва сыхласа хăварма хĕн пулатчĕ. Халĕ пирĕн хăватлă промышленность пур. Вăл халăх хуçалăхне мĕн кирлине пĕтĕмпех туса кăларма пултарать. Пирĕн промышленность мĕн-мĕн туса кăларма пултарнине курма инçе каймалла мар.

**В. Волкова:** Хамăрăн фермăрах лайăх курма пулать.

Валентина тĕрĕс каларĕ. Фермăра та, уй-хирте те, МТС-ра та, пур çĕрте те эпир рабочи класс, промышленность ярса панă техникăна куратпăр. Анчах пирĕн государствăн ялхуçалăхне те промышленноçпа пĕр вăхăтрах вăйлăн аталантарма вăй çитмен. Халĕ партипе правительство, хăватлă промышленность урлă, ялхуçалăхне те питĕ пысăк хăвăртлăхпа аталантарма тытăнчĕç.

Ялхуçалăхĕн чи кирлĕ отраслĕ кая юлса пыни пирĕнтен хамăртан та нумай килнĕ. Пур колхозниксем те пĕр пек тăрăшса ĕçленĕ, артеле ертсе пыракансем хуçалăха тĕрĕс йĕркеленĕ, колхозниксен интересне колхозăннипе çыхăнтарма пĕлнĕ пулсан, пирĕн çитменлĕхсем сахалтарах пулнă пулĕччĕç.

Пленум ялхуçалăхне аталантарасси çинчен йышăннă постановленире колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç уйрăммăнах начар пулса пырать тесе паллă тунă. Ку питĕ тĕрĕс каланă сăмах. Пирĕн колхозра та нумай çул хушши выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси тупăш парас вырăнне хуçалăха малалла аталантарма чăрмантаракан отрасль пулнă. Çавна пула колхозниксем выльăх ĕрчетесси çине тӳнтерле пăхнă. Выльăх сахал пулсан, хамăра ĕçкунĕшĕн тырă нумайтарах тивет тесе шутланă вĕсем. Тĕрĕссипе вара, выльăх ĕрчетмен пирки, хамăр илме пултаракан тупăша чакарса пынă эпир. Юлашки виçĕ çул хушшинче пирĕн фермăсем тупăш пама пуçларĕç. Кăçал фермăсенчен 250 пин тенкĕ тупăш илетпĕр. Сысна ферми кăна колхоза 100 пин тенке яхăн тупăш парать. Хуçалăха тĕрĕсрех ертсе пынă пулсан, фермăран илекен тупăш тата ытларах пулма пултаратчĕ. Акă сысна ĕрчетессине илер. Çуркуннехи çурасене нихçан та кĕркуннеччен усрамастпăр эпир. Çуралсан пĕрер уйăхранах сутса пĕтеретпĕр. Кĕркуннеччен усраса çитĕнтерсе государствăна е колхоз пасарĕнче сутас пулсан, сысна ферминчен илекен тупăш хальхинчен икĕ хут ытларах пулма пултаратчĕ. Çак пĕр тĕслĕхех пире колхозра ку таранччен выльăх ĕрчетесси çине мĕнле пăхнине лайăх кăтартса парать. Камран килнĕ ĕнтĕ ку çитменлĕх? Паллах, хамăртан. Эпир выльăх ĕрчетессине тупăшлă тума пĕлменнипе пулнă вăл.

Партипе правительство выльăх-чĕрлĕх продукчĕшĕн тӳлемелли хака ӳстерчĕç. Кунпа пĕрлех колхозсене выльăх тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутнипе пуханакан укçа-тенкĕрен колхозниксене аванс шучĕпе 25 процента яхăн валеçсе пама сĕннĕ. Выльăхсен йышĕпе тухăçлăхне ӳстернĕшĕн хушса тӳлемелли йĕркене те çирĕппĕн пурнăçласа пыма хушнă. Ку, паллах, колхозсен тупăшне нумайлатма тата фермăсенчи работниксен ĕçлес интересне ӳстерме пулăшать.

Колхоз хăватлăн аталантăр тесен, артеле çирĕплетсе панă кашни гектартан илекен тупăша ӳстерсе пымалла. Эпир ку енĕпе мухтанма пултараймастпăр-ха. Пирĕн колхозри пĕр гектар акакан çĕр пĕлтĕр 1.460 тенкĕ кăна тупăш панă. Акакан çĕрĕн тупăшне нумайлатас тесен, выльăхсен йышĕпе тухăçлăхне ӳстермелле. Халĕ пирĕн выльăхсенчен илекен тупăш гектар пуçне 90 тенкĕ кăна тивет. Выльăхран илекен тупăш колхоз илекен мĕнпур тупăшран çуррине йышăнмалла.

Çак иртнĕ çулсенче пирĕн колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине нумай аванлатрĕ. Пуриншĕн те паллă, колхоза актпа 1.159 гектар çĕр çирĕплетсе панă. Колхозра пурĕ 4 ферма. Вăл фермăсенче 221 пуç ĕне, 563 пуç сысна, 282 пуç сурăх, 1.858 чăх усратпăр. Шучĕ енчен илсе пăхсан, эпир КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьте йышăннă постановленине пурнăçланă теме юрать. Анчах та пирĕн унта кăтартнисене пурнăçлас тĕлĕшпе нумай ĕçлемелле-ха. Мĕншĕн тесен, пирĕн сăвакан ĕнесем сахал-ха. Фермăра 115 пуç сăвакан ĕне пулмалла пулсан, 71 пуç кăна. Сысна амисен шутне те ӳстермелле.

Шутласа пăхнă тăрăх, пирĕн колхоз партипе правительство лартнă задачăна 1954 çулта ăнăçлăн пурнăçлама пултарать. Эпир ăна килес çул пурнăçлама пултарни выльăхсен тухăçлăхĕ мĕнле ӳссе пынинчен те аван курăнать. 1950 çулта кашни ĕнерен 960 литр сĕт суса илнĕ. Кăçал вăтам шутпа кашни ĕнерен 1.800—2.000 литр сĕт суса илетпĕр. Уйрăм дояркăсем унтан та ытларах суса илеççĕ. 1950 çулта кашни сысна аминчен 7 çăвăр кăна илнĕ. Кăçал 12 çăвăра çитрĕ. Калас пулать, иртнĕ çулта колхоз выльăхсене рацион тăрăх çитерме кирлĕ пур апатсене те туса хатĕрлеймен. Кăçал выльăх апачĕ нумай тата лайăхрах.

Кăçал колхоз пысăк тухăçлă тырпул туса илчĕ. Вăтаммăн шутласан, кашни гектартан 16 центнер тĕштырă, 140 центнер çĕрулми, 450 центнер кишĕр тухнă. Чĕкĕнтĕр те вăйлă пулнă. Çакна май выльăх апачĕ те иртнĕ çулхинчен нумай пулать. Фермăсенчи выльăхсене тăрантарса усрама 250 тонна тĕштырă, 300 тонна çĕрулми, 30 тонна кишĕр, 40 тонна чĕкĕнтĕр, 550 тонна утă уйăрса хăварнă. 280 тонна силос хывнă. Уйăм мĕн чухлĕ çитерес тенĕ, çавăн чухлĕ çитерме пулать. Çакăн чухлĕ апат мĕнпур выльăха лайăх тăрантарса усрама çитет.

Килес çул симĕс конвейер тунă май выльăхсене кĕтӳре сӳретесси аванланать. Витене таврăнсан та ĕнесене ятарласа акса хăварнă ырашь калчине çулса çитерме пуçлатпăр. Çапла вара килес çул выльăхсен тупăшĕ кăçалхинчен чылай ытларах пулма тивĕçлĕ.

Малашне выльăхсен йышĕпе тухăçлăхне ӳстерсе пырасси пĕтĕмпех пиртен хамăртан, фермăри работниксен ăсталăхĕнчен килет. Анчах фермăри работниксем пурте пĕр пек ĕçлеççĕ теме пултараймастпăр-ха.

Колхоз пĕрлешсе пысăкланнă май, ĕне ферми икĕ ялта вырнаçнă. Вĕсенчи ĕнесем пĕр пек условире, пĕр пек апат çисе пурăнаççĕ. Анчах та ĕнесенчен сĕт икĕ фермăра та пĕр пек суса илеймеççĕ. Костерти фермăра ĕнесенчен, вăтаммăн шутласан, 1.900 литра яхăн сĕт суса илнĕ. Ку фермăри Яковлева т. ыт. дояркăсем 2.000 литр ытла суса илнĕ.

**Яковлева:** Килес çул 2.500 литртан кая мар суса илетпĕр.

Çапла шухăшласа ĕçлемелле те. Еметленекен çын хăйĕн умне лартнă задачăна пурнăçлатех. Йĕпреçри фермăра пĕтĕмпех урăхла. Унта, вăтаммăн шутласан, кашни ĕнерен 600—800 литр кăна суса илнĕ. Урăхла каласан, планпа палăртнинчен 40 пин литр сĕт каярах суса илнĕ вĕсем. Шухăшласа пăхăр-ха эсир, миçе пин тенкĕ тупăш илесси çухалнă вăл фермăра? Государствăна сутнă пулсан, пĕр автомашинăпа прицеп илме çитетчĕ вăл сĕт пире!

Мĕншĕн çапла? Мĕншĕн тесен, Костерти фермăри дояркăсем темиçе çул пĕр вырăнта ĕçлесе хăйсен пĕлĕвĕпе опытне ӳстерсе пыраççĕ. Йĕпреçри фермăри дояркăсем ялан улшăнса тăнă пирки хăйсен ответлăхне туймаççĕ тата ĕнесен уйрăмлăхне пĕлсе ĕçлеймеççĕ.

Малашне пирĕн кашнийĕн фермăра пĕр улшăнмасăр ĕçлеме тăрăшмалла. Кун пек ĕçлени хамăршăн та, колхозшăн та лайăх.

Колхоз фермăри работниксен ĕçне йăла условийĕсене аванлатсах пыма тăрăшать. Нумай пулмасть фермăра ĕçлекенсене пурне те спецовка илсе пачĕç. Пурăнма общежитисем лартнă. Выльăх апачĕ нумайланнă май фермăсенчи работниксен ĕçĕ йывăрланса пырать. Ку тĕлĕшпе те колхоз пирĕн ĕçе çăмăллатма тăрăшать. Ĕне, сысна фермисене шыв парассине механизацилерĕмĕр. Сысна ферминче питĕ пысăк кормокухня ĕçлеме пуçлать. Унта тымарçимĕçсене çуса тасатассипе тураса вĕтетессине электричество вăйĕпе тума пуçлатпăр. Кормокухня лартни те пирĕн ĕçе чылай хăвăртлатма тата çăмăллатма пулăшать. Кормокухньăра пĕçернĕ апата йӳçĕтме ултă котлован тунă. Вăл та выльăх апачĕ хатĕрлессине аванлатма пулăшать.

Тепĕр эрнерен сысна вите туса пĕтет. Çĕнĕ витере хальхинчен нумай ытларах сысна усрама пулать тата унта сыснасене пăхасси те çăмăлланать. Пур витесене те электричество кĕртсе çутатма пуçлаççĕ.

Çапла вара, пăçăрах каларăм, колхоз пире пур енĕпе те пулăшса пырать. Пирĕн малашне тата лайăхрах ĕçлесе, выльăхсен йышĕпе тухăçлăхне ӳстерме тăрăшмалла. Лайăх ĕçлес тесен, зоотехникăна пĕлес пулать. Фермăри кашни работникăн зоотехникăна вĕренмелли виçĕ çуллăх курсăн занятийĕсене пĕр сиктермесĕр çӳремелле. Хаçат-журналсем, кĕнекесем вуласа, малта пыракансен опычĕпе паллашмалла. Малта пыракансен опычĕпе паллашнипе пĕрлех вăл меслетсемпе хамăрăн фермăра анлăн усă курмалла. Вара тин пĕлӳ пурне те çĕнтерме пулăшакан вăй пулма пултарать.

Пирĕн пурин те пĕр çын пек кар тăрса, хамăрăн тивĕçе ăнланса ĕçлесе, выльăхсене лайăх хĕл каçармалла. Хĕллехи вăхăтра та выльăхсен тупăшне чакармалла мар. Çамрăк выльăхсене лайăх пăхса çитĕнтермелле

Каласу хыççăн фермăра ĕçлекенсем Мамонтов юлташа тĕрлĕрен ыйтусем пачĕç.

## Халăх ырлăхĕшĕн тăрăшни

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан çĕвĕ фабрикинчи рабочисемпе работницăсем хапăл туса йышăнчĕç. Партипе правительство ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн, вĕсен культурăллă шайне ÿстерессишĕн тăрăшни çĕвĕ çĕлекенсене чун-чĕререн савăнтарать. Фабрика коллективĕ çак постановленипе хавхаланса, производство планне ирттерсе тултарассишĕн, ĕçсыннисем валли паха та илемлĕ кĕпе-тумтир çĕлесе кăларассишĕн ырми-канми ĕçлеме пулать.

Пĕрремĕш бригада, Октябрь уявĕ ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, производство заданине яланах ирттерсе тултарать. Уйрăмах А. Андреева, Р. Жигалина, Р. Иванова çĕвĕçĕсем ĕçре пысăк хастарлăх кăтартаççĕ. Çак бригадăн кашни сменăра 59 костюм çĕлемелле пулсан, кунта юлашки вăхăтра 65-шер костюм çĕлесе кăлараççĕ. Продукци пахалăхĕ те лайăх.

Партипе правительство суту-илĕве малалла аталантарас тĕлĕшпе йышăннă постановление радиопа илтенĕ хыççăн бригадăри рабочисем хăйсен шухăш-кăмăлне каласа пачĕç. Кашни работницăн пысăк савăнăç. Çĕвĕçĕсем халăх валли кĕпе-тумтир ытларах çĕлесе кăларма сăмах параççĕ.

Т. Иванова бригадир çапла каларĕ:

— Совет çыннисен пурнăçĕ çултан-çул лайăхланать. Пирĕн промышленность предприятийĕсем ĕçсыннисем валли тĕрлĕ йышши таварсем чылай туса кăлараççĕ. Хуласемпе ялсенчи магазинсемпе лавккасен шучĕ те нумайлансах пырать. Партипе правительство йышăннă постановленире советла суту-илĕве тата лайăхлатма палăртнă. Çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче çĕршыври хуласемпе ялсенчи магазинсенче пур йышши таварсем те çителĕклĕ таран пулмалла туни пире уйрăмах савăнтарать. Эпир, çĕвĕ çĕлекенсем, малашне те производство планне куллен ирттерсе тултарма, халăх валли лайăх кĕпе-тумтир çĕлесе кăларма пулатпăр.

Фабрикăри ытти бригадăсенче те рабочисемпе работницăсем ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукцин пахалăхне чылай лайăхлатма сăмах параççĕ.

Н. ГЕРАСИМОВ.

## Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутаççĕ

СĔРПУ. «Красный Октябрь» колхозра государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Колхоз кăçалхи сулшăн çĕрулми, аш-какай, çăмарта парса татрĕ. Çав продуктсене халĕ колхоз государствăна çĕнĕ хатĕрлев хакĕпе сутма пуçларĕ. Малтанлăха 3.765 килограмм аш-какай, икĕ пине яхăн çăмарта сутнă.

«Новая жизнь», Калинин ячĕпе тăракан колхозсем те государствăна чылай аш-аккай сутрĕç. Х. ЛИСИН.

## Ĕçшĕн хушса тÿлеççĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Районти «Волга» ялхуçалăх артелĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ирттерсе тултарнă. Уйрăмах сысна ĕрчетес енĕпе чылай ÿсĕмсем тунă. Кашни сысна аминчен вăтам шутпа 11-шер сысна çури илнĕ.

Колхоз правленийĕ сысна пăхакансене ĕçшĕн хушса тÿлемелле тунă. П. Прокопьев 7, Ф. Петрова 6, П. Матвеев 4 тата ыттисем те 2—3-шер сысна çури илчĕç. Çакăн пек хушса тÿлени сысна пăхакансен ĕçри хастарлăхне татах ÿстерет. А. ИВАНОВ.

## РАЙОНТИ ВЫСТАВКА



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Канаш районĕнчи ялхуçалăх выставкинче. Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн главнăй агрономĕ Алешин юлташ çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартасси çинчен каласа парать.

С. ГУЩИН фотоÿкерчĕкĕ.

Октябрĕн 18-мĕшĕнче Канаш районĕн центрĕнче—Канаш хулинче ялхуçалăх выставки пулчĕ. Выставкăра колхозсем тата уйрăм опытник-колхозниксем хăйсем тĕрлĕрен культурăсен тухăçне ÿстерес ĕçре тунă çитĕнÿсемпе паллаштарчĕç. Тымарçимĕçсемпе пахча çимĕçсем туса илес тĕлĕшпе юлашки çулсенче Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз пысăк çитĕнÿ тунине палăртмалла. Ку колхоз кашни гектартан 400 центнер купăста туса илнĕ. Купăста пуçĕсем 17-шер килограмм таяççĕ. Колхоз кăçал пахча çимĕçсем сутса 40 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Çавăн пекех выльăх апачĕ валли акнă тымарçимĕç те вăйлă пулнă. 13 гектар çинчен 300-шер центнер чĕкĕнтĕр туса илнĕ.

«Канаш» колхозран илсе килнĕ экспонатсем тăваткал тĕмĕн лартнă çĕрулми ахаль лартнинчен икĕ хут тухăçлăрах пулнине питех те ĕненмелле кăтартса пачĕç.

Куйбышев ячĕпе тăракан колхозри Никифоров бригадир выставка пынă çынсене пысăк тухăçлă кишĕр туса илмелли майсемпе паллаштарчĕ. Унăн бригади кăçал кантăр вăрри те гектартан 15-шер центнер туса илнĕ.

Давыдов опытник хăй çак иртнĕ виçĕ çул хушшинче кукуруза ÿстерес тĕлĕшпе тунă сăнавсемпе паллаштарчĕ. Унăн сăнавĕсем пирĕн таврара питех те пысăк тухăçлă кукуруза ÿсме пултарнине кăтартса параççĕ.

Çанталăк начар тăнине пула колхозсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсемпе паллаштараймарĕç. МТС та колхозсенчи йывăр ĕçсене мĕнле механизациленине кăтартса параймарĕ. Выставкăра тырпул тухăçне ÿстерес тĕлĕшпе тунă ĕçсемпе паллаштаракан экспонатсем те сахал пулчĕç.

(Хамăр информаци).

## Редакцие килнĕ çырусем

## Телефон тата радио хăçан кĕртсе параççĕ?

Пирĕн колхозран район центрне çитме те, ял Советне те 3 километр шутланать. Ытла инçе мар пулин те пире телефон кĕртсе памаççĕ. Çакна пула эпир районти учрежденисемпе куллен калаçаймастпăр.

Телефон кĕртме пулăшма ыйтса иртнĕ çул райисполком председательне заявлени парса та пăхрăмăр. Анчах вăл та пире çак ĕçре пулăшмарĕ.

Колхозниксен радио çуккишĕн те кÿренме тивет. Кашни колхозник килне радио кĕртмелле пултăр тесе, районти радиоузелпа (начальник[x] Еремеев юлташ) август уйăхĕнчех договор турăмăр, çийĕнчех укçа тÿлерĕмĕр. Анчах пурпĕрех радио кĕртсе памаççĕ-ха.

Районти çыхăну пайĕ хăçан пурнăçлĕ-ши пирĕн ыйтăва?

Д. ВАСИЛЬЕВ,
Йĕпреç районĕнчи Крупская ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

## Чайнăйра йĕркелĕх çук

ШĂМĂРШĂ. Район центрĕнчи чайнăйра кашни кунах çынсем нумай пулаççĕ. Кунта служащисем, рабочисем, командировкăна килнĕ тата иртсе çÿрекен çынсем апатланаççĕ. Анчах чайнăй япăх ĕçлет, ĕçсыннисен ыйтăвĕсене кирлĕ пек тивĕçтерейместь.

Кунта апатсене япăх хатĕрлеççĕ. Вĕсен ассортименчĕ те чухăн: яланах пĕр тĕрлĕ апат пĕçереççĕ. Хăяр, помидор, пахча çимĕç пулмасть. Кофе, какао, компот, кĕсел туса сутасси çинчен шутламаççĕ те.

Чайнăйра 8 сĕтел çеç. Вĕсене вăхăтра шăлса тасатмаççĕ. Официанткăсем çаврăнăçуллă ĕçлемеççĕ. Меню çине сырнă апатсенчен чылайăшĕ час-часах пулмасть. Сĕтелсем çинче графинпа шыв лартмаççĕ. Стенасем çине плакатсемпе лозунгсем çакман, тумтирсене хывса çакма вешалка çук.

Чайнăй заведующийĕ Н. Митрофанов юлташ ĕççыннисен жалобисем çине вăхăтра ответ памасть. Чайнăйра час-часах сăкăр пулмасть.

Шăмăршăри райпо правленийĕн чайнăйри çитменлĕхсене пĕтермелле, унта тивĕçлĕ йĕркелĕх тумалла.

Г. ПАВЛОВ.

# Халăх хушшинчен тухнă талант

Анатолий Николаевич Тогаев композитор ятне пирĕн халăх лайăх пĕлет, вăл кĕвĕленĕ юрăсене юратса юрлать. Тогаев—композитор çеç мар, çав хушăрах вăл музыка педагогĕ пулса ĕçлет, хор кружокĕсене йĕркелес, вĕсене ертсе пырас тĕлĕшпе нумай тăрăшать. Кăçалхи сентябрь уйăхĕнче вăл музыкăра ĕçлеме тытăннăранпа 50 çул тултарчĕ.

А. Н. Тогаев 1884 çулти майăн 2-мĕшĕнче Шуркасси ялĕнче (халĕ Сĕнтĕрвăрри районĕ, Чăваш республики), вырăс çемйинче çуралнă. Унăн ашшĕ канцеляририне ĕçлекен пĕчĕк служащи пулнă. Тогаевсен çемйи музыкăна питĕ юратнă, çавăнпа та Анатолий хăй те музыкăна ачаллах юратма тытăннă, сакăр çула çитсенех сĕрме купăс калама вĕреннĕ. Çакăн пирки вăл хăйĕн асаилĕвĕсенче акă мĕн çырать:

«Эпĕ йăлăнса ыйтнипе, анне мана сĕрме купăс илсе пачĕ. Калама çук хĕпĕртерĕм. Часах купăс мастерĕ хăй те пирĕн пата килчĕ, вăл мана мĕнле каламаллине ăнлантарса пачĕ. Сĕрме купăса эпĕ аларан та пăрахмастăм. Кăç-кăç, пĕтĕм кил-йыш пухăнсан, хам «ăсталăха» кăтартса параттăм. Мана килти «хĕлĕхлĕ ансамбле» çырчĕç. Çапла вара эпĕ, сакăр çулти ача, сĕрме купăс калама хăнăхса çитрĕм. Паянхи куна çитсе те вăл манăн чи çывăх тусăм-юлташăм пулса тăрать».

Çамрăк Анатолий килти «ансамбльпе» çеç çырлахмасть, ăна халăх юрри-кĕвви, ташши-вăййи хытă илĕртет. Уяв вăхăчĕсенче вăл шап-шурă тумланнă чăваш хĕрĕсен пĕр салху та, пĕр уçă юррисене итлет. Çимĕкри туй кунĕсенче харсăр туй такмакĕсене итлет, нуса каччисен çил-тăвăл пек ташшине пăхса савăнать. Халăх музыки, халăх пултарулăхĕ унăн чĕрине ĕмĕрлĕхех вырнаçать. Хăй юратнă халăха тата хытăрах ăнланас тесе, вăл унăн чĕлхине те çамрăклах тăрăшса вĕренме тытăнать.

А. Н. Тогаев тăватă çул ялти шкулта, пилĕк çул хушши Шупашкарти хула училищинче вĕренет. Кунтан вăл 1903 çулта вĕренсе тухать, çав çулах ăна училищĕри хора ертсе пыма вырăн параççĕ. Çапла пуçланать унăн музыкăри пархатарлă ĕçĕ.

1907—1918 çулсенче—вунпĕр çул хушши—Анатолий Николаевич Шемшерте (Шупашкар районĕ) учитель пулса ĕçлет. Кунта вăл вĕренекен ачасен хорне тата ялти çамрăк-кĕрĕм хорне йĕркелет, вĕсене тĕрлĕ уявсенче, вырсарникун касĕсенче юрлаттарать. 1918 çулта, Шупашкар уесчĕн çутĕç пайĕ йышăннипе, Тогаева Сĕнтĕрвăрри хулине куçараççĕ. Кунта вăл паянхи кунччен ĕçлесе пурăнать.

Сĕнтĕрвăрринче Тогаев хула хорне йĕркелет, ăна вунă çул хушши ертсе пырать. Тĕрлĕ çулсенче вăл древтехникумри, вăтам шкулти, вăхăтлăх курссенчи, «Портной» артельти, судоверфьри, хулари социализмла культура суртĕнчи хорсенче ĕçлет. Вăл ертсе пыракан хорсем районти тата республикăри художествăлла смотрсенче пулаççĕ, хăйсен ăсталăхĕпе, хăйсен пултарулăхĕпе малти вырăнсене йышăнаççĕ.

А. Н. Тогаевăн чапĕ судоверфьри тата Маклашкинăри хорсенче ĕçленĕ чух пĕтĕм республикипе сарăлать. Çак хорсем 1937—1939 çулсенче икĕ хутчен—пĕринче Горький хулинче, тепринче Мускавра—Пĕтĕм Союзри художествăлла смотрта пулаççĕ.

Тогаев ертсе пыракан Маклашкинăри хор юрланине Мускаври тĕп радиостанци тăрăх пĕтĕм çĕршывĕпе параççĕ. Жюри членĕсем хор юрланине пысăк хак панă. Россия Федерацин тава тивĕçлĕ артистки Гольдина Маклашкинăри хор çинчен акă мĕн çырнă:

«Смотрта илемлĕ те уçă саслă юрăçсем нумай. Эпĕ итленисенчен пуринчен ытларах мана чăваш хорĕ юрлани питĕ килĕшрĕ. Хор çăмăллăн, çав хушăрах янравлăн юрлать, чăннипех чун-чĕрене витет. Чăн та, ун юрринче чăваш кĕвви уйрăмлăхĕ уççăн сисĕнет. Юрăçсем хăйсем те чун-чĕрепе çĕкленсе юрлаççĕ,



юратаççĕ вĕсем хăйсен юррине, ун кĕввине, ун шухăшне тарăн ăнланаççĕ».

Свияжск хулинчи (Тутар республики) ялхуçалăх техникумĕнчи преподавательсемпе студентсем çапла çырнă:

«Маклашкинăри хора ертсе пыракан Тогаев юлташ чăннипех те талантлă çын. Ун пултарулăхне, ун ăсталăхне кура, унăн хорĕ те пирĕн кăмăла çунатлантарса ярать. Эпир халăх хорĕсене тĕрлĕ хуласенчен итлетпĕр, анчах Тогаев хорĕ пире пуринчен те хытăрах килĕшет. Нумай саслă хор, пĕр çын юрланă пек килĕштерсе, юррăн асамлă хăватне туйса юрлать».

Эпир Тогаев хорĕ пирки «Музыкальная самодеятельность» журналта çырнисене те асăнмасăр иртме пултараймастпăр. Вырăссен паллă композиторĕсем Ковальпа Белый, çавăн пекех мари халăхĕн композиторĕ Яков Эшпай хорпа унăн руководителĕ çинчен чи ăшă сăмахсем çыраççĕ. Чăн та, Тогаев хорне республика юбилейĕсенче, тĕрлĕ слетсемпе съездсенче, конференцисемпе канашлусенче, нумай-нумай клубсен сцени çинче курма пулать, час-часах радио тăрăх илтме пулать.

Хорăн репертуарĕ пысăк. Чăваш халăх юррисем, чăваш композиторĕсен, çавăн пекех вырăс, Украина, мари композиторĕсен юррисем хорăн яланхи программине кĕреççĕ. Хор музыка классикĕсен—Глинкăн, Чайковскин, Даргомыжскин, Римский-Корсаковăн, Мусоргскин, Бородинăн оперисен хорĕсемпе арийĕсене те профессионаллă хор пекех, ăнăçлăн та витĕмлĕн юрлать.

Халăх хорĕсене ертсе пырас ĕçре, чăваш халăх музыкине аталантарас ĕçре пысăк та чаплă ĕçсем тунăшăн А. Н. Тогаев композитора Мускаври тата республикăри организацисем тăватă хутчен Хисеплĕ грамотăсем парнелеççĕ. Чăваш музыкинче 50 çул хушши пархатарлă ĕçсем туса пынăшăн ăна Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕн ятне пачĕ.

Халăх юррисене çырса илес, вĕсене кĕвĕлес-композицилес ĕçе А. Н Тогаев 1925 çулта тытăнать. Вăл нумай яла çитсе курать, çамрăк-кĕрĕмпе, ватă çынсемпе тĕл пулать, вĕсенчен халăх юррисен кĕввине, юрă сăмахĕсене çырса илет. Çак ĕç ăна хăйне те оригиналлă юрăсем çырма хавхалантарать. 1934 çулта унăн виçĕ юрри Мускаврa—Музгизра — пичетленсе тухать. 1941 çулта Тогаева пĕтĕм çĕршыври композиторсен Союзне йышăнаççĕ. Паянхи куна вăл 50 юрă ытла çырнă.

Тогаев юррисем—лирикăлла юрăсем. Ăшă кăмăл, вĕри туйăм, кĕвĕ пуянлăхĕпе янравлăхĕ, пысăк та тарăн шухăш—акă мĕнпе палăрса тăрать унăн музыки. Хăйĕн юррисем валли текст суйласа илес ĕç çине те вăл творчествăлла тупăм енчен пăхать. Чăваш поэчĕсенчен ăна пуринчен ытларах Иван Ивникĕн шухăшлă та çепĕç сăввисем килĕшерех параççĕ. Ун сăмахĕсем тăрăх çырнă «Сыхлăх юрри», «Вырмара», «Çуллахи ир», «Ирхи Атăл» юрăсем—халăх хушшине сарăлнă юрăсем. Композитор чăваш халăх поэчĕсем Яков Ухсайăн, Аркадий Эсхелĕн, Илья Тукташăн, Никифор Васянккан сăмахĕсем тăрăх чылай юрă çырнă. «Юратрăм эп, хирсем, сире», «Тĕлĕк», «Улăх тăрăх утнă чух», «Вăйăра», «Çамрăксен ташши», «Кăвайт умĕнче» юрăсене пирĕн çамрăксем юратса юрлаççĕ.

Тогаев йĕркеленĕ халăх юррисенчен уйрăммăнах «Стахановла ĕçлесси» тата «Чоти-кас» юрăсене палăртас пулать. Вĕсене юрă праçникĕсенче, тĕрлĕ олимпиадăсемпе смотрсенче, кулленхи концертсенче тата радио тăрăх тăтăшах илме пулать. Тогаев юррисен тематики те сарлака та анлă. Халăхсен çуллуçĕсемпе граждан вăрçин геройĕсем çинчен, Тăван çĕршыва тăшмансенчен сыхласси çинчен, социализмла ăмăртупа колхоз ĕçченĕсен паттăр ĕçĕ-хĕлĕ çинчен, телейлĕ те хаваслă çамрăклăх çинчен вăл нумай-нумай юрă çырнă. Унăн юррисем пире ĕçре хавхалантараççĕ, çавăнпа ăна пирĕн халăх тав тăвать.

Тогаевăн педагогикăлла ĕçĕ те хăйĕн пархатарлăхĕпе палăрса тăрать. Унăн класĕсенче вĕреннĕ нумай çынсем халĕ ĕнтĕ хăйсен вырăнĕсенче чаплă та паллă çынсем пулса тăраççĕ. Сăмахран, Иван Федотов—доцент-медик, Михаил Сироткин — паллă литературовед, педагогика наукисен кандидачĕ, докторант, Мария Симуллина — Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки, Зоя Хлебникова—чăвашсен юрăпа ташă ансамблĕн артистки.

А. Н. Тогаевăн çамрăк вăхăтри пурнăçĕ йывăр та тертлĕ пулнă, унăн çур ĕмĕрĕ патшан ылханлă саманинче иртнĕ. Вăл пирĕн хальхи композиторсем пек консерваторисен çутă та пысăк пÿлĕмĕсенче вĕренме пултараймасан. Ун вырăнне вăл, ырми-канми тăрăшса, халăх пурнăçĕнчен, халăх пултарулăхĕнчен, унăн ĕмĕр манми юрри-кĕввинчен вĕренсе пынă. Халăх хушшинчен тухнă халăх таланчĕн ĕçне, унăн чуна çĕклентерсе яракан юррисене пирĕн ĕçсыннисем хаваслансах йышăнчĕç. Çавăнпа та композитор çапла калать: «Эпĕ аслă Октябрь революцийĕне, аслă Ленинпа Коммунистсен партине, халăха тав тăватăп. Чунтан парăннă ĕçĕм ахаль çухалманшăн, халăхăн пысăк ĕçĕнче уçă панишĕн хĕпĕртетĕп».

Анатолий Николаевич Тогаев çуралнăранпа килес çул 70 çул тултарать. Унăн ĕçлес, юрăсем çырас шухăш-кăмăлĕ, хастарлăхĕ пысăк-ха. Пирĕн ăна малашне те паттăр пулма, пуян та янравлă сăвă-юрăллă пулма, малашне те çирĕппĕн утма, çĕнĕ çитĕнÿсем туса пыма ырлăхпа сывлăх сунас килет.

Филипп ЛУКИН,
композитор, Сталинла преми лауреачĕ.

Стихван ШАВЛЫ,
чăваш поэчĕ.

# Хĕрÿллĕ кунсем

## ОЧЕРК

Завод территорине кĕрсен, ватă рабочипе Иван Антонович Эрастовпа тĕл пултăмăр. Пĕр цехран тухнă та вăл тепĕр цех еннелле утать. Пире курсан чарăнчĕ. Анчах вăл таçта васкани сисĕнет.

— Тимлетпĕр, — тет вăл.—Ав...—виççĕмĕш цеха каякан çул хĕрринчи юпа çинчи чиперлетсе çырнă фанер листи еннелле кăтартрĕ Иван Антонович.

— Уява çулталăкри плана тултарнипе кĕтсе илер!—чĕнеççĕ фанер листи çинчи сăмахсем.

Иван Антонович—платник. Производство планне пурнăçласси унтан тÿрремĕнех килмест темелле. Анчах вăл та пĕтĕм коллективран юласшăн мар. Паллă кунсене ĕçре çĕнĕ çитĕнÿ тунипе кĕтсе илесси совет çыннисен йăлине кĕнĕ ĕнтĕ.

Виççĕмĕш цех детальсем хатĕрлет. Сĕтел çинче парти членĕ Валентина Кантышева боевой листокăн юлашки колонкине çырать. Çак кунсенче боевой листок куллен тухса тăрать: цехри коммунистсемпе комсомолецсем çапла йышăннă.

Юлашки колонка вĕçне хĕрлĕ кăранташпа «Вĕсем паян малта пыраççĕ» тесе чиперлетсе çырчĕ те, редактор хăй умĕнче выртакан хут татки çине пăхса рабочисен хушамачĕсене çырма тытăнчĕ.

— Вуникĕ миллиметрлă сверло пур-и унта сирĕн? Нина Зеленовăн юрăхсăра тухрĕ. Çук? Хăть çуралăр та тупăр, — сĕнет трубка тăрăх цех начальникĕ Т. Ерóплан.

Айăк усăлчĕ те, сăмах çине тенĕ пекех, пÿлĕме Нина Зеленова кĕчĕ. Ĕç тумĕпе пулсан та смена çинчи чиперкке хĕре часах палласа илме пулать. Вăл аллинчи юрăхсăр сверлине сĕтел çине хучĕ те, начальникпе завхоз çине ыйтуллăн пăхса илчĕ. Сунат хуçнă кайăкăнни пек, унăн пĕтĕм шухăш-ĕмĕчĕ тăтăлнăн туйăнать. Сур смена усăсăр иртет вĕт-ха! Капла мĕн пулать-ха ĕнтĕ? Вăл вĕт рядовой работница кăна мар, цехри комсорг. Юлташсем умĕнче вăл нормăна 150 процентран кая мар тултарса пыма сăмах панă. Паянхи боевой листок, авă, сĕтел çинчех выртать. Çакма ĕлкĕреймен-ха ăна. Ыттисем хушшинче Нина ячĕ те пур. Унăн хушамачĕ тĕлне 202 процент тесе çырнă. Ку—ĕнерхи. Ыран?.. Ыран вĕсем хушшинче Нина хушамачĕ пулмасть! Мĕн тумалла ĕнтĕ? Нивушлĕ шанăç çук? Бу хушăра кашни минут ылтăн.

Валентина Кантышева хăй умĕнче тăракан комсомолкăн чун пăлханăвне сисрĕ пулмалла. Боевой листокне çакма юлташне хушрĕ те Нина енне çаврăнчĕ.

— Атя пиллĕкмĕш цеха. Вĕсен те пулмасан, тĕп склада кайса тупатпăрах.

— Ăнлантăр-и эсир пĕр станок тăни çак кунсенче мĕне пĕлтерет?—хĕрсем тухса кайсан сăмах хушрĕ начальник. Пирĕн коллектив уяв ячĕпе çĕнĕ обязательствăсем илчĕ, хулари предприятисене ăмăртăва хутшăнма чĕнчĕ. КПСС райкомĕн бюровĕ пирĕн пуçарăва ырларĕ. Обязательствăра «перекетленĕ йывăçпа ытти материалтан районти колхозсене çĕнĕ çулчен 350 парник рами туса пама пулатпăр», тенĕ. Ку—пирĕн пуçару. Акă пирĕн цех обязательствисем.—Ероплан юлташ сĕтелтен машинăпа çапнă хут листи кăларчĕ.—Праçникчен пирĕн 200 рама тумалла. Унсăр пуçне пĕр йышши япала енĕпе плана октябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма палăртнă. Апла пулсан, тухăçлăрах ĕçлемелле. Кунта пĕр станок пирки сăмах пырать.

...Станоксен шавĕ, сверло шăхăрни, детальсем купаланă сасă, мăлатуксемпе шаккани, вентиляци моторĕпе винт шавĕ—пурте пĕр кĕрлев пулса хăлхана хупласа хураççĕ. Пĕр кĕтесре Тимофей Иванович Кашкаров пĕчĕк ещĕксем тыттарать. 67 çулхи мучи ку заводра 17 çул ĕçлет. Вăл темиçе çул пенси илет ĕнтĕ, анчах ĕçлеме çав-çавах пăрахмасть. Цехра ăна çăмăлтарах ĕç пама тăрăшаççĕ, анчах вăл унпа килĕшмест. Çак кунсенче вăл нормăна 150 процент таран тултарса пырать.

Сÿхе хура сухалне кăштах касăртса, умĕнче тăракан çамрăкран:

— Шăтăкне тăп-тăваткал тумалла-и?—тесе ыйтать мучи.

Кам тетĕр вăл, ватă рабочи умĕнче тăракан çамрăк. Унăн тăван ывăлĕ. Кашкаровсем кунта тăваттăн ĕçлеççĕ. Ку—Иван Тимофеевич. 12 çулта чухне вăл кунта столяр ученикĕ пулса ĕçлеме тытăннă. Халĕ вăл контрольнăй мастер. Леро, станок умĕнче тăраканни, Тимофей Иванчăн хĕрĕ, Вера. Вăл та кунта 6 çул ĕçлет. Антон ятлă ывăлĕ те кунтах. Вăл—столяр.

Александр Михайлович Васенина çак кунсенче КПСС райкомĕн бюровĕ парти членне илнĕ. Васенин парти умĕнче панă сăмаха манмасть. Сентябрь уйăхĕнче вăл ертсе пыракан бригада нормăна 264 процент тултарнă. Халĕ те вăл тухăçлă ĕçлет.

Акă Нина Зеленова станокĕ. Сверло улăштарнă хыççăн вăл пĕр тикĕс ĕçлет. Юнашар Татьяна Гусева станочница, П. Киселевпа Т. Пугачев столярсем. Вĕсем нормăна кашни кунах 160—225 процент тултараççĕ.

Пиллĕкмĕш цех плана тултарайман, пĕтĕм завода тытса тăнă. Вăл юлса пынине пĕтерме партбюропа дирекци Филипп Васильевич Афанасьев коммуниста хушнă. Вĕсем йăнăшман. Çĕнĕ начальник производствăна йĕркеленĕ, рабочисене умра тăракан задачăсене пурнăçлама мобилизациленĕ, дисциплинăна çирĕплетнĕ.

— Епле майпа кĕске вăхăт хушшинчех ун пек улшăну тума пултартăр-ха?—интересленетĕмĕр эпир.

— Нимĕн те çук кунта тĕлĕнмелли,—тет Филипп Васильевич.—Чи малтанах, кашни рабочи сан юлташу иккенне асра тытас пулать. Вăл санпа юнашарах пурăнать, эс сывлакан сывлăшпах сывлать. Мĕншĕн начар ĕçлетĕн?—тесе сасартăк кăшкăрса кăмăлне хуçнипе пулмасть. Юрать вăл, пурте Афонин пек ăста пулсан. Вăт ак пĕрине пулăшу кирлĕ, иккĕмĕшĕ анчах хăнăхать, виççĕмĕшĕн, сăмахран, килĕнче пурте йĕркеллех мар. Руководителĕн кашни рабочин шухăш-туйăмне, характерне пĕлмелле, вăхăтра канаш, пулăшу памалла, вĕрентмелле, кăмăлне хăпартмалла.

Филипп Васильевич каласма чарăнчĕ те хура та сăра сухалне шăлса илчĕ. Унăн малаллахи шухăшне эпир каламасăрах ăнлантăмăр. Çын чунне вĕрсен тата пĕр чĕлхе тупсан, тÿперен çăлтăр илсе пама та хатĕр. Тăва та çавăрса лартма хатĕр, теççĕ ун пек чухне вырăссем.

— Ак, курăр-ха эпир мĕнле ĕçленине,—сĕнчĕ кăтарту хăми енне аллине тăсса. Хăма çинче пĕрремĕш хушамат—Р. Афонин. Ун хушамачĕ тĕлĕнче 500 тăрать. Ыттисен, сăмахран, Степан Гаврилов монтажникĕн 418, Владимир Поселягинпа Николай Горожанин монтажниксен 300-шер процент. Унтан аяларах 275—250 процент каять.

Куçсем каллех «500» хисеп çине хăпарса тирĕнеççĕ.

— Пулма пултараймасть. Норма пĕчĕк пулĕ?

— Эсир кам пирки, Афонин пирки-и?—илтĕнчĕ пирĕн хыçра. Ку вăл цехри мастер, Борис Николаевич Никоноров юлташ пулчĕ.—Афонинпа мĕн каласмалли пур, унпа танлашма çук. Эп ăна пĕрпĕр вĕçкĕн пулĕ тесе малтан. Вăл ĕçе кĕнĕ чухне унпа каласма тиврĕске-ха мана Вăл ĕçе кĕни шăпах çулталăк çитет. Манран вăл рабочисем мĕнле ĕçлени, мĕн чухлĕ ĕçлесе илни çинчен ыйтать. Нормăпа интересленет «Начар, начар», тесе пуçне сулать.—Эс ĕçлесе пăх-ха еппин, сан пеккисем кăна мар (хăй пĕр хытканскер кăна), ватăраххисем те тухăçлăрах ĕçлеймеççĕ,—тесе шутлатăп хам ăшра. Вăл кун ĕç вырăнне пырса пăхрĕ, цех тăрăх çÿрерĕ, ыттисем мĕнле ĕçленипе интересленчĕ. Тепĕр кунне те унăн процентне шутламалла пулмарĕ. Кайран пуçларĕ ĕçлеме—икçĕр, тăватçĕр процент паракан пулчĕ, унтан пилĕкçĕр, çичçĕр...

Унччен Афонин вырăнĕнче тăватă çын ĕçленĕ. Темле тăрăшсан та нормăна тултарайман вĕсем. Аптăранă рабочисем ĕçрен пăрахса тухса каясси патнех çитнĕ. Кашнин вĕсен пĕрер машина çине витмелĕх тимĕр сыпса смена хушшинче витсе хумалла пулнă. Темле ĕçлесен те вĕсем ĕлкĕреймен.

— Халĕ вăл пĕччен тăватă-пилĕк çын ĕçне тăвать. Ĕнер, ав, вăл пилĕк машиналăх тимĕр сыпса хатĕрлесе витнĕ. Хăшпĕр чухне çиччĕ витме ĕлкĕрет, — сăмах хушрĕ цех начальникĕ.

— Маттур, маттур,—килĕшет мастер.—Высший класс...

Афонин умĕнче передачăпа тунă хултăрчă евĕр пĕр пĕчĕк машинка тăрать. Сĕтел çинче хĕç-тимĕрпе ĕçлекен тимĕрçĕнни пек «полоса» выртать. Пĕр енче тимĕр листисен купи, тепĕр енче—тăваткал цинк банкăсем. Вĕсене тĕплесе кăна хунă, анисене туман-ха. Афонин, пĕр вăтăралла çитнĕ ĕнтĕ, вырăс сăнлă та шĕвĕртерех янахлăскер, хăйпе юнашар тăракан пĕр çамрăк ачана тем вĕрентсе калать. Ку çамрăк ача—унăн ученикĕ Юрий Тарасов.

— Ĕç тухать. Тăрăшсан унтан тĕлĕнмелле тимĕрçĕ пулма пултарать. Ĕçе кĕни тăваттăмĕш кун кăна-ха, ĕçĕ, авă, тахçан ĕçлекен тимĕрçĕнни пек, — тет Юрий тĕпленĕ банкăн çĕвви çине кăтартса Афонин.

Ученикне задани панă хыççăн, Афонин метр çурă тăршшĕ тимĕр листисене сыпма тытăнать.

Ун çинчен куç илес килмест. Мĕн туртать ун патне çав териех? Хĕç-тимĕрпе ĕçлекен тимĕрçе ĕлĕк тимĕрçĕ те темен. Э, вăл курка-витре тĕплекен, тесе алă кăна сулнă ăста тимĕрçĕсем. Ку кам ĕнтĕ, тимĕрçĕ-и, е кам та пулсан урăххи-и? Çук, ку тимĕрçĕ кăна мар, ăсталăхĕпе вăл унтан çÿлте тăрать. Илемлĕ юрă, е музыка кĕвви кăмăла кайсан, эпир халăха тăратса итлетпĕр. Çавăн пекех Афонин ĕçĕ куçа тыткăна илет. Пĕрре çапнă вырăна Афонин мăлатукĕ урăх пырса тивмест: тимĕр листи кирлĕ пек авăнса пырать. Акă, вăл икĕ тимĕр листине те авса хатĕрлерĕ, пĕр-пĕрипе сыпăстарма тытăнчĕ. Метр çурă тăршшĕ çĕвĕ катокпа хустарса тунă пек тикĕс те, çип çапнă пек тÿрĕ пулса пырать. Тытсан, хăвăн та çавăн пекех пуласçăн туйăнать. Çав тери çăмăл та ансат. Анчах пăхма кăна иккен. Афонин умĕн ĕçлекен рабочисем те тимĕрçĕсемех пулнă. Шăп та шай çак ĕçре вĕсем такăннă. Кун секретне Афонин часах чухласа илнĕ.

— Сур миллиметр кукăр пулчĕ тĕк, çĕвĕ лармасть,—тет вăл.—Ан васка, тимĕре тÿрĕ ав, ĕç ăнăçлăрах каять.

Афонин хăйĕн ĕç ăнăçлăхĕ мĕнрен килнине калама тытăнать.

— Ĕçе тытăниччен ĕçĕн ăстайлăхне шыратăп. Кашни ĕçĕн хăйĕн найĕ, секречĕ пур. Ăна шырама вара вăхăта шеллеместĕп. Пĕр кун ирттĕр, икĕ кун усăсăр сухалтăр—тупатăп-тупатăпах шыраса. Кайран тавăратăп апĕ сухалнине.

Афонинăн хĕç-тимĕр секретне вĕренсе çитмелĕх пур çав. Калинино районĕнчи Пÿкри чăвашĕ Рудольф Афонин 1942 çулта сĕтел-пукан комбинатĕнче жестянщик пулса ĕçлеме тытăннă. Вăл паллă тимĕрçĕ-жестянщик Велединский патне лекет, унпа пĕрле ĕçлет.

— Юлашкинчен мучи вара хăйĕн машинине мана пачĕ,—тет вăл «хултăрчă» çине кăтартса.—Тĕлĕнмелле машина. Кунне 30 витре нимĕн те мар тухать...

Çавăн пек суралнă ăсталăх. Çак ăсталăха курсан, Афонин кунне пилĕкшер норма тунине ĕненмесĕр тăма çук.

Е. АФАНАСЬЕВ,
Сĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод.

# Тĕнчери лару-тăру

## ПРОЛЕТАРИАТĂН КĔРЕШӲРИ ПĔРЛĔХĔН КОНГРЕСĔ

Октябрĕн 10-мĕшĕпе 21-мĕшĕнче Венăра пулса иртнĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ çинчен буржуалла хаçатсем нимĕн çырма та аптрарĕç. Калас пулать, çав хаçатсемех ирĕклĕ профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конфедерацийĕ текенскерне кĕрекен профсоюз раскольникĕсен кăçал çулла Стокгольмра пулса иртнĕ конгресĕ çинчен страници-страницине çырчĕç.

Çак фактран тĕлĕнмеллиех çук. Буржуалла хаçатсем хальхинче йывăр лару-тăрăва лекрĕç: Венăра коммунистсем кăна, тĕпрен илсен социализм çĕршывĕсенчен килнĕ коммунистсем пухăннă тесен (кун пек чухне вĕсем яланах çапла çыратчĕç),— никам та ĕненмĕ. Мĕншĕн тесен çакă паллă: пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн историйĕ тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи пролетариатăн çакăн пек пысăк ассамблейи çинчен пĕлменччĕ-ха.

Буржуалла хаçатсем Венăри конгресс çинчĕн нимĕн те çырманни реакцин хура вăйĕсем ку событи пирки хытах шикленнине кăтартса парать. Вĕсем Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн влиянийĕ ӳссе пынинчен, тĕнчери пролетариатăн миршĕн пыракан кĕрешӳри пĕрлĕхĕ çирĕпленнинчен, социальнăй прогресран шикленеççĕ. Вĕсем пирĕн тапхăрти паллă событирен—колонилле тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче рабочисен юхăмĕ хăватлăн ӳссе пынинчен шикленеççĕ. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ рабочисен юхăмĕ ӳссе пынине, вĕсен пĕрлĕхĕ çирĕпленнине лайăх кăтартса пачĕ.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн речĕсем ӳссе пынинчен пуçлăпăр. Конгресăн малтанхи кунĕнче Луи Сайян хăйĕн отчетлă докладĕнче çакăн çинчен пĕлтернĕ: Миланра конгресс пулса иртнĕ хыççăн Венăри конгресс пухăниччен Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ 10 миллион çын чухлĕ ӳснĕ. Анчах тепĕр ик-виçĕ кунтан çак цифра кивелнĕ. Конгресс пынă вăхăтра Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине Индонезири рабочисен пысăк пĕрлешĕвне—СОБРИ ятлă организацие, Гватемалăри тата Коста-Рикăри профсоюзсен нацилле центрĕсен пĕрлешĕвĕсене илнĕ. Халĕ пĕтĕм тĕнчери рабочи класăн тĕрлĕ халăхсен профсоюзĕсен пĕрлешĕвĕн речĕсенче 90 миллион çынна яхăн шутланать.

Паллă ĕнтĕ, Америкăри производствăлла профсоюзсен конгресĕн тата Британири тред-юнионсен конгресĕн реакцилле лидерĕсем, хăйсен организацийĕсенчи рядовой членĕсенчен ыйтмасăрах, США империалисчĕсем хушнипе, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕнчен тухрĕç. Вĕсем Америкăри ĕç федерацийĕ активлă хутшăннипе 1949 çулта раскольникла профсоюзсен пĕрлешĕвне туса хучĕç, ăна ултавлă шутпа Ирĕклĕ профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конфедерацийĕ тесе ят пачĕç. Ку пĕрлешӳ пĕтĕм тĕнчери рабочисен пĕрлĕхне хавшатас шутпа тунă. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн исполкомĕ ирĕклĕ профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конфедерацийĕн лидерĕсене темиçе хутчен те капитализмла тата колонилле çĕршывсенчи ĕççыннисен пурнăç шайне ӳстерессишĕн, ĕççĕрлĕхе хирĕç, социальнăй страхованипе социальнăй обеспечени ĕçне лайăхлатассишĕн пĕрлешсе кĕрешме чĕнсе каланă. Анчах та профсоюз лидерĕсем, монополисене рабочисен организацийĕнне вăйне парса тăракаскерсем, çак сĕнĕве сирсе янă. Çапах та, ирĕклĕ профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конфедерацийĕн реакциллĕ лидерĕсем рабочи класăн пĕрлĕхне тума чăрмантарнă çĕрте те, рядовой рабочисем хушшинче кĕрешӳре пĕрлĕх пулмалла текен шухăш ӳссе пырать.

Конгресс ĕçне 79 çĕршывăн представителĕсем—784 делегатпа сăнавçă тата 35 хăна хутшăннă. 342 делегатпа сăнавçă Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмен организацисенчен пынă. Юлашки факт икĕ янала çинчен калать. Пĕрремĕшĕнчен, конгресс питех те анлă демократиллĕ никĕс çинче пулса иртнĕ, иккĕмĕшĕнчен, ку вăл пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн пĕрлĕх ĕçĕнче питех те пысăк прогресс пулнине кăтартса парать.

Ĕççыннисен пурнăç шайне ӳстерессишĕн (пурнăç шайĕ капитализмла çĕршывсенче, ваксаса хĕспĕшалланă условисенче вĕçĕмсĕр чакса пырать), миршĕн кĕрешес ĕçре рабочи класăн пĕрлешсе ĕçлемелли çинчен калакан шухăш конгресс трибуни çинчен делегатсем тухса каланă кашни сăмахра, тĕнчери пролетариатăн çак ассамблейинче йышăннă мĕнпур решенисенче лайăх палăрать. Çĕр чăмăрĕн мĕнпур кĕтесĕсенчен конгресс ячĕпе саламлă телеграммăсемпе çырусем нумай пынă. Пурĕ 56 çĕршывран 3.445 саламлă телеграммăпа çыру илнĕ. Çак телеграммăсемпе çырусенче тата демократиллĕ хаçатсем çырнинче те рабочи класăн пĕрлĕхлĕ ĕçĕ çинчен калакан шухăш лайăх палăрать. Чилири «Эль сигло» хаçат, сăмахран, забастовка тăвакан 15 пин горнякăн çырăвне пичетлесе кăларнă. Унта çакна çирĕппĕн шанса тăнине палăртнă: конгресс «пролетарилле интернационализмăн шухăшĕсене тĕреклĕн палăртĕ, рабочи класăн пĕрлĕхлĕ ĕçне тата ытларах çирĕплетĕ». Конгресс Чилири горняксен шанăçне (сăмах майĕн каласан, вĕсен забастовки çак кунсенче çĕнтерӳпе вĕçленнĕ), çавăн пекех ĕçлекен мĕнпур çынсен шанăçне тӳрре кăларнă.

Конгресс çакна палăртнă: ĕçри тата пурнăçри чи лайăх условисемшĕн пыракан кĕрешӳре рабочи класăн пĕрлĕхĕ вĕçĕмсĕр ӳсет. Çавна, сăмахран, Италире, Францире, çавăн пекех Бразилире, Индире, Японире тата ытти çĕршывсенчи çĕнтерӳпе вĕçленнĕ забастовкăсем те кăтартса пачĕç. Пурнăç хăй, лайăх пурнăçшăн пынă кĕрешĕвĕн мĕнпур опычĕ ĕççыннисене пĕрлешсе кĕрешме хушать. Конгресăн пĕр шухăш-кăмăллăн пулса йышăннă резолюцийĕнче çапла каланă: «Ĕççыннисем кашнинчех, вĕсем Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн членĕсем пулнипе пулманнине пăхмасăрах, хăйсен требованийĕсене пурнăçлассишĕн, миршĕн кĕрешме тытăнаççĕ пулсан, пурпĕрех Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ майлă тăраççĕ, вĕсем унăн программине пурнăçлас тĕллевпе ĕçлеççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ хăйĕн членĕсен ячĕпе кăна мар, мĕнпур ĕççыннисен ячĕпе кĕрешĕве тухать».

Çакна палăртса хăвармалла: конгресс делегачĕсен составĕн çурри колонилле тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ĕççыннисем янă çынсем пулнă. Вăл çĕршывсенче капитализмла тĕнчери мĕнпур халăхăн 70 проценчĕ пурăнать. Унта ĕççыннисен пурнăçĕ уйрăмах йывăр. «Колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенче профсоюзсен юхăмне аталантарасси çинчен» тунă докладра палăртнă тăрăх, Сывăх тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи рабочи хăй пĕр кун хушшинче ĕçлесе илнĕ укçапа 250—500 грамм кăна ашкакай илме пултарать. Сурçĕр Родезире руда чавакан негр Европăри руда чавакан рабочи илекен ĕç укçин çирĕм пайĕнчен пĕр пайне кăна илет Америкăри тата ытти монополисем вара колонисенче питех те пысăк услам илеççĕ.

Конгресс колонилле çĕршывсенче рабочисен юхăмĕ кунтан-кун çирĕпленсе пынине, миршĕн, колонилле чуралăха хирĕç пыракан юхăм çирĕпленсе пынине кăтатса пачĕ. Халăх колонизаторсене хирĕç тăнине. Малайăра, Вьетнамра, Британи Гвианинче тата ытти çĕршывсенчи пекех, США ертсе пыракан империалистсем хĕспĕшал пулăшнипе чарса лартма хăтланаççĕ пулин те, ку юхăм ӳссех пырать.

Капитализм тĕнчинче чухăнлăх, выçлăх тата ĕççĕрлĕх пуç пулса тăрать пулсан, социализм лагерĕнчи халăхсем ĕççыннисен пурнăç шайне ӳстерес тĕлĕшпе тунă çитĕнӳсем вара уйрăмах уççăн курăнаççĕ. Социализм лагерĕнчи ĕççыннисем, конгресс палăртнă пек, «прогресс çулĕпе, халăх массисен пурнăç условийĕсене вĕçĕмсĕр лайăхлатас çулпа шанчăклăн пыраççĕ».

Уйрăмах çакна палăртмалла: делегатсем хушшинче тĕрлĕрен профсоюз пĕрлешĕвĕсенчи, политика тĕлĕшпе тĕрлĕ шухăшлă çынсем пулнă пулин те, сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх резолюцисемпе чĕнсе каланисене пурне те пĕр шухăш-кăмăллă пулса йышăннă. Ку вăл—питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ факт. Конгресс чĕнсе каланисем хушшинче — пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем патне янă манифест, «Европăри рабочисемпе работницăсене тата профсоюзсене чĕнсе калани». Çавсенче тата ытти документсенче конгресс пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисене виççĕмĕш тĕнче вăрçи хатĕрлекен империалистсен юнлă планĕсене путлантарса лартассишĕн, колонилле вăрçăсене чарса лартассишĕн, капитал çĕршывĕсенчи халăхсен пурнăç шайне ӳстерессишĕн хăйсен речĕсене тата ытларах пĕтĕçтерме кирлине кăтартса парать.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн—пĕтĕм тĕнчери пролетариатăн кĕрешӳри пĕрлĕхĕн конгресĕн — решенийĕсем этемлĕхĕн прогрессивлă вăйĕсен миршĕн, социальнăй тĕрĕслĕхшĕн пыракан кĕрешĕвĕн историйĕнче чаплă тапхăр пулса юлĕç.

## ЯПОНИ МИНИСТРĔ УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЕ КАЙСА ÇӲРЕНĔ ПИРКИ

Сентябрь уйăхĕн вĕçĕнче Японири тата Америкăри хаçатсем Японин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Кацубо Окадзаки çула тухса кайни çинчен нумай шавларĕç. Министр хăш выранĕсенче пулмалли çинчен тĕплĕн çырнă. Окадзаки Филиппина, Индонезие, Бирмăна, Индо-Китая тата Çĕнĕ Зеландие çитсе курма шутлавă. Министр çав çĕршывсене мĕнле тĕллевсемпе кайни çинчен хаçатсенче анлăн пĕлтернĕ.

Октябрĕн 15-мĕшĕнче Окадзаки Японие каялла таврăннă, анчах та хаçатсем вара нимĕн те шарламаççĕ. Министр хăй çитме палăртнă выранĕсенче пур çĕрте те пулайманни çинчен кĕскен çеç пĕлтернĕ Министр Филиппинра, Индонезире тата Бирмăра пулнин результачĕсем япăх пулнă пулмалла, çавăнпа та ун çинчен шавлама тивмест...

Çула тухса каяс умĕн Окадзаки мĕнле тĕллевсем лартнă-ха?

Ун çинчен Америкăри тата Японири хаçатсем тĕплĕн, пытарса тăмасăр çырнă, радиокомментаторсем те нумай каласнă.

Корейăри перемирие пĕтерес тесе, мир тăшманĕсем Лăпкă океан тăрăхĕнче хăйсен киревсĕр ĕçне вăйлатсах пыраççĕ. Юлашки вăхăтра США Японие хăвăртрах хĕçпăшалланатарас шутпа ăна хытăрах хĕсме тытăннă. США государство секретарĕ Даллес Япони правительствине çитес вăхăтра Япони çарне 350 пин çынна çитерме татăклăн хушнă.

Америкăн çарне ертсе пыракан çынсен планĕсем тăрăх, Япони дивизийĕсем халĕ тума палăртакан «Ази çарĕн» никĕсĕ пулмалла. «Ази çарĕ» «Европа çарĕ» евĕрлĕх пулмалла. Паллă ĕнтĕ, «Европа çарне» туни гитлерла «вермахт» тепĕр хут çĕкленмеллине пĕлтерет. США Лăпкă океан союзне тума тăрăшать. Лăпкă океан союзĕ агрессиллĕ Сурçĕр Атлантика блокĕпе пĕр евĕрлĕ пулмалла. «Америка планĕсем тăрăх,— кăтартса парать Токиори радио комментаторĕ Фурута, — çĕр çинчи çарсене Азири çĕршывсенчи халăхсенчен тумалла, Америка çак çĕршывсен территорийĕсем çинче тинĕс-çар тата сывлăш-çар базисем туса лартĕ...»

Ку план Азири халăхсене нимĕн чухлĕ те интереслентермест. Унти халăхсем хăйсен территорине Америка аэродромĕсем валли пама та, çар мундирĕсем тăхăнма та, Япони унтерĕсен аллине лекме те килĕшмеççĕ. Филиппинецсем, индонезиецсем, бирманецсем тата Азири ытти халăхсем те нумаях пулмасть вĕсен çĕрĕ çинче хуçаланнă Япони самурайĕсене питех те аван пĕлеççĕ. Азири халăхсем Япони милитаризмĕ тепĕр хут çĕкленнипе килĕшесшĕн мар. Филиппинри влаçра тăракан ушкăнсем океан леш енчи хуçисем хушнине пурне те итлеççĕ. Анчах вĕсем те Сан-Францискăра тунă договора халиччен те конгресра çирĕплеттерме пултарайман. Çав договор Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантарма ирĕк парать.

Ку договора Индонези парламенчĕ те çирĕплетмен Бирма вара вăл договор çине алă пусма та килĕшмен. Окадзаки умне çакăн пек задача лартнă пулнă. Азири халăхсем «шанмасăр тăнине» мĕнле те пулин сирсе ямалла, мĕншĕн тесен Токиори радио пĕлтернĕ тăрăх. «Азири çĕршывсем хушшинче пĕр пек шухăш тăвиччен Лăпкă океан союзĕ пулаймасть.

«Таймс оф Индонезия» хаçатăн представителĕпе каласнă чухне. Япони тепĕр хут хĕçпăшалланас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлени çинчен калакан хыпара Окадзаки сирсе янă. Окадзаки Япони мире юрататать тесе ĕнентерме хăтланнă вăхăтрах Япони представителĕсем Икеда тата Асида Вашингтонра Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантарас ĕç валли укçа-тенкĕ памалли условисем çинчен каласнă. Çакăн хыççăн, паллах ĕнтĕ, Окадзаки сăмахĕсем никама та улталама пултарас çук.

Ĕçсем яланах сăмахсенчен ĕнентерӳллĕрех. Окадзаки «миссийĕн» практикăлла ĕçĕсем унăн чаплă сăмахĕсенчен ĕнентерӳллĕрех пулнă. Япони министрĕ хăйпе пĕрле Токиоран темиçе финанс советникĕпе тухса кайнă. Вăл советниксемпе Окадзаки Япони Филиппинпа Индонезие репараци шучĕпе укçа-тенкĕ тӳлемелли çинчен тăракан ыйтăва татса парасшăн пулнă. Паллă ĕнтĕ, Япони оккупацийĕ вăхăтĕнче ку çĕршывсене темиçе миллиард долларлăх сиен кӳнĕ. Анчах та алăсемпе сулкаланисĕр пуçне ĕç малалла кайман. «Японин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ,— кăтартса параççĕ ют çĕршывсенчи хаçатсем,— укçа-тенкĕ тӳлес ыйтупа çитес вăхăтра канашлусем ирттерес тĕлĕшпе конкретлă сĕнӳсем пама килĕшмен. Çавна пула вăл пынă çĕршывсенчи правительствăсем кăмăлсăр пулнă». Япони правительстви Азири çĕршывсене мĕн чухлĕ укçа тӳлемелли çинчен илнĕ обязательствăсем çинчен те асăнма тăрăшмасть. Япони вăл çĕршывсенче экономика тĕлĕшĕнчен хăйĕн влиянине сарма тăрăшать. Иртнĕ çулта Окадзаки Японин демпингне вăйлатас тата кăнтăр-хĕвелтухăç Азири çĕршывсенче капитал хывассине ӳстерес ыйтупа ятарласах ĕçленĕ. США ку плансене пĕтĕмĕшпех ырлать Японипе усă курса, США ку районтан хăйĕн конкуренчĕсене—акăлчансене хĕссĕ кăларасшăн.

Окадзаки çĕршывсем тăрăх çӳренин тĕллевĕ, Токиопа Вашингтон шухăшĕ тăрăх, çавăн пекех Индонези, Бирма тата ытти çĕршывсен экономикине Япони малалла кĕрсе пырас ĕçе çăмăллатасси пулнă.

Анчах шухăшласа хунă аслă плап пурнăçа кĕреймен. Ун çинчен Америка тата Япони хаçачĕсем сиелтен кăна пĕлтереççĕ. Çапла, Киодо Цусин агентстви кĕскен çапла асăнса илет: «Окадзаки хăй Индонезире пĕр эрне хушши пурăннин результачĕсемпе кăмăллă мар пулас». Окадзаки ĕçĕ путланса ларнин сăлтавĕсем паллă. Азири халăхсем Америка политикине—Япони милитаризмне тепĕр хут çĕклеме тата агрессиллĕ Лăпкă океан блокне тума тăрăшакан политикăна — йышăнмаççĕ. Мĕншĕн тесен ку политика Азири халăхсен хăрушсăрлăхне, ирĕклĕхне, политикăпа экономика тĕлĕшĕнчи никама пăхăнманлăхне хăратса тăрать.

**М. МАРКОВ.**
**И. АРТЕМОВ.**

## США-ри авиаци предприятийĕсенчи рабочисен забастовки

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Ассошиэйтед Пресс» агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Калифорни тата Огайо штачĕсенчи «Норт Американ авиэйшн компани» ятлă авиаци компанийĕн заводĕсенче 28 пин рабочи забастовка туса тытăннă. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме требовани лартаççĕ.

## Демократиллĕ Германи Республикинче тавар хакĕсене йӳнетнĕ

БЕРЛИН, октябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ çумĕнчи пичет ведомстви октябрĕн 24-мĕшĕнче Демократиллĕ Германи Республикин Министрсен Совечĕн чрезвычайнăй ларăвĕ пулни çинчен пĕлтернине панă. Вăл ларура Демократиллĕ Германи Республикинче апат-çимĕç тата промышленность таварĕсен хакĕсене йӳнетесси çинчен решени йышăннă.

Кăçалхи октябрĕн 26-мĕшĕнчен пуçласа республикăра 12.000 йышши тĕрлĕ тавар хакĕсене йӳнетеççĕ. Çавна пула ĕççыннисем 1953 çул вĕçлениччен ĕлĕкхинчен 540 миллион маркăлăх ытларах тавар туянма пултараççĕ. Таварсене йӳнетнине пула тата правительство ĕç укçинчен илекен налога чакарасси çинчен йышăннă постановлени пула ĕççыннисен 1954 çулхи реальнăй тупăшĕсем 3,5 миллиард маркăлăх пулаççĕ.

Премьер-министр Отто Гротеволь хăйĕн сăмахĕнче правительствăн çĕнĕ мероприятийĕ политикăпа экономика тĕлĕшĕнчен пысăк пĕлтерĕшлĕ пулни çинчен, ку вăл карточка системине пĕтĕмпех пăрахăçа кăларас çул çинче пысăк утăм пулса тăни çинчен каланă.

Гротеволь çакна палăртнă: совет халăхĕпе Совет Правительствин пулăшăвĕсĕр ун пек ĕçсене пурнăçлама май килмен пулĕччĕ.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕ

### Октябрĕн 23-мĕшĕнче ирхине пулнă пĕрлехи лару

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 23-мĕшĕнчи ирхине Генеральнăй Ассамблейăн пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ. Вăл ларура ООН-ăн пĕтĕм тĕнчери право енĕпе ĕçлекен комиссийĕн членĕсене суйланă, çавăн пекех чылай комитетсен доклачĕсене пăхса тухнă.

Вăрттăн сасăласа, ООН-ăн пĕтĕм тĕнчери право енĕпе ĕçлекен комисси членĕсем пулма 15 çынна суйланă. Комитета суйланисем хушшинче — СССР, УССР, БССР, Чехословаки тата Польша делегацийĕсем пĕрлешсе тăратнă кандидатсем— совет юрисчĕ С. Б Крылов тата Чехословаки юрисчĕ Я. Жуорек.

Ун хыççăн Генеральнăй Ассамблея ытларахăш сасăпа улттăмĕш комитет çак ыйтусем тăрăх тăратнă резолюцисен проекчĕсене йышăннă: «Генеральнăй Ассамблейăн черетлĕ сессийĕсем пыракан вăхăта чакармалли мерăсем», «ООН-ăн Ливи валли тунă сучĕн прависене тăсасси çинчен», «Организаци членĕнче тăман государствăсене хĕрарăмсен политикăлла прависем тĕлĕшпе тунă килĕшӳ çумне хутшăнма пана сĕнӳ». Малтанхи икĕ проекта сасăланă чух СССР, УССР, БССР, Чехословаки тата Польша нихăш майлă та сасăламан.

Специальнăй политикăлла комитет ООН-а çĕнĕ членсем илесси çинчен тăратнă резолюци проектне Генеральнăй Ассамблея пĕр саслă пулса йышăннă. Ку резолюци «Уставăн 4-мĕш статьипе килĕштерсе çĕнĕ членсем илес ĕçе çăмăллатма пултаракан килĕшӳ тумалли майсене палăртас шутпа «ырă ĕçсем тăвакан комитет» тума палăртать. Комитет хăйĕн ĕçĕ çинчен Генеральнăй Ассамблейăна «унăн саккăрмĕш сессийĕнче е тăххăрмĕш сессийĕнчен кая юлмасăр» пĕлтермелле.

Ларура çавăн пекех ООН-ăн беженецсем енĕпе ĕçлекен верховнăй комиссарĕн управленийĕн ĕçĕ çинчен виççĕмĕш комитет тунă доклада пăхса тухнă. Комитет ку ыйту тăрăх икĕ резолюци тăратнă: «Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕн беженецсем енĕпе ĕçлекен верховнăй комиссарĕн управленийĕн ĕçне малалла тăсасси» тата «ООН-ăн беженецсем енĕпе ĕçлекен верховнăй комиссарĕн управленийĕн ĕçĕ» çинчен. СССР, УССР, БССР Чехословаки тата Польша делегацийĕсем çак резолюцисене хирĕç сасăланă.

Çак резолюцисене сасăлас ыйту пирки тухса каласа, Совет Союзĕн представителĕ Г. Саксин тата Польша представительници Васильковская çакна кăтартса панă: вĕсен делегацийĕсем сӳлте асăннă проектсене хирĕç сасăлаççĕ, мĕншĕн тесен вăл резолюцисенче ООН-ăн беженецсем енĕпе ĕçлекен управленийĕн ĕçне ырланă тата вăл ĕçлемелли срока 5 çуллăха тăсма палăртнă. Ку управленийĕн ĕçĕ ООН Уставне хирĕç тата беженецсемпе урăх çĕршыва кусарнă çынсене хăйсем суралнă çĕршывсене ярас ĕçре пулăшу парасси çинчен Генеральнăй Ассамблея йышăннă решение хирĕç пырать. Кунсăр пуçне управлени ĕçĕ ирсĕр тĕллев тытать. Вăл Америкăн çар влаçĕсене Совет Союзне тата халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç сăтăрла тата диверсилле ĕçсем тума беженецсем пухма май парас тĕллев тытать.

Генеральнăй Ассамблея ытларахăш сасăпа виççĕмĕш комитет тăратнă икĕ резолюцие, «Хĕрарăмсен прависене кăмăллас тата хӳтĕлес ĕçре техникăлла пулăшу парасси» тата «Урăх расăллă çынсене, тан мар тесе шутласа, пусмăрласа хĕсĕрлессине чарас тата вак халăхсене хӳтĕлес ĕçре техникăлла пулăшу парасси» ятлă резолюцисене йышăннă.

### Октябрĕн 23-мĕшĕнче кăнтăрла пулнă пĕрлехи лару

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 23-мĕшĕнче кăнтăрла пулнă ларура Генеральнăй Ассамблея пĕр саслă пулса «Хĕрарăмсем правасемпе туллин усă курман территорисенче хĕрарăмсен политикăлла прависене пысăклатасси çинчен» резолюци йышăннă. Çавăн пекех виççĕмĕш комитет тăратнă «ООН-ăн практикăлла ĕçсен тата социальнăй ыйтусем енĕпе ĕçлекен специальнăй учрежденисем пĕр-пĕринпе килĕштерсе тунă программа» текенскерне йышăннă. Ку ыйтăва пăхса тухнă чухне СССР делегацийĕ резолюци проекчĕ çумне чылай тӳрлетӳсем сĕнни çинчен маларах пĕлтернĕччĕ. Вăл сĕнӳсенче ĕççыннисене медицина пулăшăвĕ парассине лайăхлатма, социальнăй страхованине сарма, пурне те шкулта вĕренме условисем туса пама кирлине палăртнă. Хăйсен управленийĕ çук тата опекăра тăракан территорисенче сывлăха сыхлас, шкулта вĕрентес тата социальнăй страховани ĕçне лайăхлатасси çинчен совет делегацийĕ панă пĕр тӳрлетĕве йышăннă. Комитет тăратнă резолюци проекчĕшĕн Ассамблейăн пĕрлехи ларăвĕнче 45 делегаци сасăланă. 12 делегаци нихăш майлă та сасăламан. Вăл шутра—СССР, УССР, БССР, Польша тата Чехословаки делегацийĕсем.

«Начар аталаннă çĕршывсене экономика тĕлĕшĕнчен аталантарас шутпа техникăлла пулăшу памалли программа» тата «Администраци ĕçĕнче памалли техникăлла пулăшу» çинчен «иккĕмĕш комитет йышăннă резолюци проектне Генеральнăй Ассамблея пĕр саслă пулса йышăннă.

Лару вĕçĕнче беженецсем енĕпе ĕçлекен комиссар пулма генеральнăй секретарь панă сĕнĕве йышăннă. Верховнăй комиссар пулма халĕ ĕçлекен комиссара Ван Хевен Хулгарта пилĕк çуллăха çирĕплетнĕ.

СССР делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский çапла каланă: совет делегацийĕ верховнăй комиссара уйăрса лартассине хирĕçлет, тенĕ. Çавăн пекех УССР, БССР, Польша тата Чехословаки делегацийĕсем те верховнăй комиссара уйăрса лартассине хирĕç пулни çинчен пĕлтернĕ.

## Тĕнчери шахмат турнирĕ вĕçленнĕ

ЦЮРИХ, октябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнче чемпионĕпе М. Ботвинникпа ирттерекен матча хутшăнма тивĕçлĕ пулассишĕн пыракан шахмат турнирĕнче паян тепĕр вăхăта хăварнă партисене выляса пĕтерне. Болеславский Эйвĕрен выляса илнĕ, Котов Сабона выляса янă.

Турнирăн итогĕсем çакăн пек:

пĕррмĕш вырăнта—Смыслов (СССР)—18 очко.

иккĕмĕш, виççĕмĕш тата тăваттăмĕш вырăнсене Бронштейн (СССР), Керес (СССР) тата Решевский (США) пайланă, вĕсен 16-шар очко,

пиллĕкмĕш вырăнта Петросян (СССР)—15 очко,

улттăмĕшпе çиччĕмĕш вырăнсене Геллер (СССР) тата Найдорф (Аргентина) пайланă. Вĕсен 14,5-шер очко.

Котов (СССР) тата Тайманов (СССР)—14-шар очко, Авербах (СССР) тата Болеславский (СССР)—13,5-шер очко, Сабо (Венгри)—13 очко Глигорич (Югослави)—12,5 очко, Эйве (Голланди)—11.5 очко Штальберг (Швеци) 8 очко илнĕ.

ЦЮРИХ, октябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнче чемпионĕпе М. Ботвинникпа ирттерекен матча хутшăнма тивĕçлĕ пулассишĕн пынă шахмат турнирне ĕнер Цюрих хулинче чаплă лару-тăрура хупнă.

Швейцарири шахмат федерацийĕн президенчĕ тата турнир ирттерес тĕлĕшпе ĕçленĕ организацилле комитетăн председателĕ сăмах тухса каланă хыççăн ăмăртăвăн главнăй судьи—пĕтĕм тĕнчери категориллĕ судья Опоченский (Чехословаки) турнирăн официальнăй итогĕсене пĕлтернĕ.

Главнăй судья ăмăртура совет гроссмейстерĕ Василий Смыслов çĕнтерни çинчен пĕлтерсен, залра ларакансем нумайччен тăвăллăн алă çупнă. В. Смыслов тĕнчери чи вăйлă гроссмейстерсене хирĕç пынă кĕрешӳре тăхăр çĕнтерӳ тунă, Смысловăн 18 партийĕ пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Смыслов пĕр партие кăна выляса янă.

Пĕтĕм тĕнчери шахмат федерацийĕн президенчĕ Рогард господин ячĕпе тата главнăй судья Опоченскипе Швейцарири шахмат федерацийĕ ячĕпе вице-президент Берман господин (Франци) турнирта мала тухнă В. Смыслов çине лавртан тунă кăшăл хунă. В. Смыслова пĕррмĕш парне панă.

Ун хыççăн сцена çине совет гроссмейстерĕсем Бронштейнпа Керес тата Америка гроссмейстерĕ Решевский—иккĕмĕш, виççĕмĕш, тăваттăмĕш вырăнсене пайланă гроссмейстерсем—хăпараççĕ.

Ăмăртăва хутшăннă чи çамрăк шахматиста, совет гроссмейстерне Петросяна та ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Турнира хутшăннă ытти шахматистсем пĕрин хыççăн тепри парнесем илеççĕ.

Турнирта вылянă чи лайăх партисемшĕн пама ятарласа тунă парнесене совет гроссмейстерĕсем Котовпа Тайманов тата Аргентина гроссмейстерĕ Найдорф илнĕ.

## Ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх—кинокартинăсем

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне сарас енĕпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Çавна май пирĕн республикăри культурăпа çутĕç учрежденийĕсем хăйсен ĕçне лайăхлатса пыраççĕ. Ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх докладсемпе калаçусем тăтăшах ирттереççĕ, пысăк тухăçлă тырпул туса илекенсемпе тĕлпулусем йĕркелеççĕ. Юлашки вăхăтра ялсенче ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх кинокартинăсем кăтартасси те лайăхланса пырать. Ку енĕпе уйрăмах Улатăр, Пăрачкав, Сĕмĕрле районĕсенче ĕçе аван йĕркеленĕ. Ытти районсенче те ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх кинокартинăсем час-часах кăтартаççĕ.

Юлашки вăхăтра Сĕнтĕрпе Элĕк районĕсенчи ялсенче çĕршыври пысăк тухăçлă çĕрулми туса илекенсен опычĕ çинчен калакан киножурнал, Вăрмар районĕнче «Тĕштырăсене пăхса ӳстересси», «Вылăх апачлĕх силос хывасси», Йĕпреç районĕнче «Вылăх-чĕрлĕхе чир-чĕртен мĕнле сыхламалла» тата ытти темăсем тăрăх кинокартинăсем кăтартнă.

Канашри ялхуçалăх механизаторĕсен шкулĕнче кăçал ытти çулхисенчен ытларах çын вĕренет. Кунта практикăлла занятисенче техника ыйтăвĕсем тăрăх кинокартинăсем тăтăшах кăтартаççĕ. Пулас механизаторсем çĕршыври паллă трактористсемпе комбайнерсен ĕç опычĕпе паллашаççĕ. Шкулăн трактор агрегачĕсене пухасси, тракторпа усă курасси, вĕрхи çĕртме тăвасси тата техника ыйтăвĕсем тăрăх ӳкернĕ ытти картинăсем чылай.

Октябрĕн 18-мĕшĕнчен пуçласа республикăри колхозсенче ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх ӳкернĕ фильмсене ятарласа хатĕрленĕ программа тăрăх кăтартма пуçланă. Колхозниксемпе механизаторсем «Ылтăн Çăлтăр кавалерĕ» ятлă кинокартинăна тата ялхуçалăх хыпарĕсен 9-мĕш журналне кураççĕ. Çак журналта ялхуçалăх культурисене туса илесси тата çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартасси çинчен, купăста, кукуруза туса илес тĕлĕшпе Мускав тата Тула облаçĕсенчи колхозсен опычĕсем çинчен каласа панă. Кунсăр пуçне республикăри экрансем çинче çĕршыври паллă механизаторсем çинчен тата ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх ӳкернĕ 113 кинокартина кăтартаççĕ. Вĕсем хушшинче уйрăмах «Пысăк тухăçлă тырпул туса илекен колхоз» ятлă фильм паллă вырăн йышăнать. Унта хамăр республикăри Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕç опычĕ çинчен тĕплĕн каласа панă. Çак кинокартинăна Октябрьски, Комсомольски, Хĕрлĕ Чутай, Муркаш, Вăрнар тата Пăрачкав районĕсенче кăтартнă. Колхозниксем фильма пысăк кăмăлпа пăхаççĕ.

Ял çыннисене кино кăтартас тĕлĕшпе республикăри чылай киномеханиксем лайăх ĕçлеççĕ. Уйрăмах Улатăр районĕнчи Монастырский юлташ кăтартуллă ĕçлет. Кино кăтартассине аван йĕркеленĕшĕн ăна темиçе хутчен те Хисеп грамоти панă. Пăрачкав районĕнчи Ногаев, Шупашкар районĕнчи С. Константинов киномеханиксем те хăйсене шанса панă ĕçе тăрăшса тăваççĕ. **(Хамăр инф.).**

## КĔСКЕН

★ **Хăмларан пысăк тупăш.** Вăрнар районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозра çулленех пысăк тухăçлă хăмла туса илеççĕ. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, колхоз кăçал хăмла сутса 20 пин тенкĕ тупăш илет. **А. ОСЬКИН.**

★ **Çĕнĕ çурт.** Ильинкăра (Сĕнтĕр районĕ) сыхăну агентствин çĕнĕ çуртне туса лартнă. Перекет касси те çав çуртрах вырнаçнă. **М. ИСАЕВ.**

## ПĔЛТЕРНИ

Октябрĕн 27-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотека çуртĕнче пĕррмĕш тата иккĕмĕш çул ĕçлекен политшкулсен руководителĕсен семинар занятийĕсем пулаççĕ.

Семинар руководителĕсем—А. П. Николаев тата М. Я Буркова юлташсем.

**КПСС хула комитечĕ.**

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НЕ 09177. Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2414 — Тираж 20.000 экз.